ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕн Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Июль 24 эрнекун
№ 143 (9052)
36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.



**Паянхи номерте:**


Чăваш АССР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕрремĕш çурçуллăхра мĕнле тултарни çинчен. Чăваш АССР Статистика Управленийĕ пĕлтерни (1 стр.).

С. Розыграев.—Пĕтĕм тĕнчери рабочи юхăмĕнчи историллĕ тапхăр. Партин II-мĕш съезчĕ пулнăранпа 50 çул тултарнă тĕле (2 стр.).

Çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн конференцийĕ (2 стр.).

Ялти клубăн паянхи ĕçĕсем. Чурачăк районĕнчи Шуркасси ялĕнчи клуб заведующийĕ М. Николаев юлташ каласа пани (2 стр.).

«Коммунизм ялавĕ» хаçатра сырнă хыççăн. П. Щипцов.—«Кăрăклăсем хатĕрленмеççĕ» (2 стр.). Юлашки почтăран. Редакцири плагиатсем (2 стр.).

Колхозниксемпе механизаторсем! Тырпула кĕске вăхăтра тата тăккаламасăр пуçха кĕртессишĕн социализмла ăмăртса ĕçлессине вăйлатăр! (3 стр.).

Е. Боголюбов.—Н. Г. Чернышевский. Çуралнăранпа 125 çул çитнĕ тĕле (3 стр.).

Венгрири тата Совет Союзĕнчи велосипедпа хăвăрт çÿрекенсем пĕр-пĕринпе юлташла ăмăртни (4 стр.).

Корейăри ĕçсем (4 стр.).


# Вашингтонри канашлу мĕне пĕлтерет

Çак кунсенче Вашингтонра США-н, Англин тата Францин ют çĕршыв министрĕсен 3 кун хушши пынă канашлăвĕ вĕçленнĕ. Хăйсен итоглă пĕлтерĕвĕнче канашлăва хутшăннисем çапла шантарасшăн: вĕсем «Хăйсен правительствисемпе халăхĕсем мир, ирĕклĕх тата тĕрĕслĕх туса хума шанса тăнине» пурнăçа кĕртме тăрăшнă иккен. Анчах канашлу результачĕсем çакна кăтартса парасçĕ: кунта мир, ирĕклĕх тата тĕрĕслĕх çинчен калакан сăмахсемпе пачах урăх тĕллевсемпе усă курнă.

Вашингтонра пĕлтерни вице министр канашлăвĕ пĕтĕм тĕнчери çыхăнусен паллă ыйтăвĕсене пĕрне те татса парайманнине кăтартса парать. Корейăра перемири тăвас пирки, Китай Халăх Республикин çине мĕнле пăхас пирки тăракан ыйтусене илсен вара, Даллес хĕснипе Британи представителĕ Солсбери те, Францин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕ Бидо та каялла чакнă. Солсберипе Бидо Америка военщинине пăхăнса тăракан Ли Сын Ман авантюриста, вăл перемири тума чăрмантарас пулсан тата çĕнĕ авантюра тăвас пулсан, тĕрĕссипе илсен, пулăшма килĕшнĕ. Çав вăхăтрах Англипе Франци, хăйсен пурнăç интересĕсене хирĕç кайса, Корейăра перемири тунă хыççăн Китайпа суту-илÿ тумалла мар тата Китай Халăх Республикине ООН-а йышăнма чăрмантармалла тесе йышăннă.

Çавăнпа пĕрлех çакна та асăрхамасăр хăварма çук: Вашингтонри канашлу США-па унăн союзникĕсем хушшинчи шалти хире-хирĕçÿсем тарăнланса пынă вăхăтра пулса иртнĕ. Ку вăл пуринчен ытла тĕп ыйтăва—пĕтĕм тĕнчери тавлашуллă ыйтусене татса пама тата пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăва çăмăллатма требованисем лартни пур çĕрте те ÿссе пынă вăхăтра хĕвеланăçĕнчи державăсен мĕнле позици йышăнмалла текен ыйтăва—пырса тивет. Ку ыйту канашлу участникĕсене питĕ хумхантарнă. Халĕ çавнашкал ыйтусем ÿссех пыраççĕ тата пысăкрах та пысăкрах вырăн йышăнаççĕ. Ку вăл пĕтĕм тĕнчери ыйтусене татса парас çул çинче тĕнчери туслăхăн тăшманĕсем тăвакан чăрмавсене ССР Союзĕн мире юратакан тулашри политики пĕрин хыççăн теприне сире-сире пăрахнинчен килет.

Вашингтонра вице министр канашлу иртерни—ССР Союзĕн представителĕ хутшăнмасăр иртернĕ канашлу мĕн çинчен калать-ха? Вăл пуринчен ытла çав канашлу участникĕсем пĕтĕм тĕнчери чи кирлĕ йĕркесемпе йăласене те шута илменни çинчен калать. США, Англи тата Франци правительствисем пĕтĕм тĕнчери çыхăнусен ыйтăвĕсене СССР правительствипе чăннипех сÿтсе явма тăрăшас мĕн пулсан, çакна тума пĕтĕм тĕнчери йĕркесемпе килĕшсе тăракан паллă çул пур. Тăватă çĕршыв представителĕсен канашлăвĕ умĕн вице государство канашлу иртерсе пĕр каварлă пулнине тата çак канашлу тăватă çĕршывăн пулас канашлăвĕн вăхăтне те, кун йĕркине те малтанах йышăнтарма хăтланнине никам та йĕркеллĕ ĕç тесе шутламасть, мĕншĕн тесен çав кун йĕркине тăватă государствăран пĕрин представителĕ хутшăнмасăр йышăннă.

Çак йĕркене тăватă государство представителĕсен канашлăвне иртерме хатĕрленес тĕллĕшпе тунă йĕркеллĕ ĕç теме пулать-ши? Çакăн хыççăн çапла калама май килĕ-ши: тăватă держава представителĕсен канашлăвĕ пулас пулсан Англипе Францин представителĕсем нимĕнле обязательствăсемпе те çыхăнса тăмĕç-и?

Америкăра тухса тăракан хаçатсем çакна палăртаççĕ: США-н государственнăй секретарĕ Даллес Англипе Франци представителĕсене калаçусем иртерес идея пирки тăхтаса тăмалла е ăна пачах пăрахăçа кăлармалла, демократи лагерьне хирĕç диверсисем, авантюрăсем тата провокацисем тăвас политикăна вăйлатмалла тесе хистеме хăтланнă. Берлин хулинче июнĕн 17-мĕшĕнче ют çĕршыв тарçисем тунă провокаци çав политикăн тĕслĕхĕ пулса тăрать те ĕнтĕ.

Хаçатсем пĕлтернĕ тăрăх, Солсберипе Бидо çапла ответленĕ: тăватă государство калаçăвне иртерес идейăна пăрахăçласан тата США хушакан çул çине тăрсан, вĕсен правительствисем йывăрлăха кĕрсе ÿкеççĕ тенĕ, мĕншĕн тесен вĕсен çĕршывĕсенче США хушакан çула хирĕç протестлесси вăйлансах пырать. Вĕсем çапла кăтартса панă: пĕтĕм тĕнчери тавлашуллă ыйтусене сÿтсе явса татса пама пĕр тăхтаса тăмасăр «сÿлти сферăсенче канашлу» иртерессине çинчен Черчилль панă сĕнÿ пĕтĕм тĕнчери лару-тăрăва тĕрĕс хаклани пулнă тата Хĕвеланăç Европăри çĕршывсенче пурăнакансен анлă сийĕсен ыйтăвĕсене тивĕçтернĕ, тенĕ. Унтан та ытларах, вĕсем çакна та йышăнмасăр тăма пултарайман: çав ыйтусене шута илменни, ку ыйтура малашне те Америка хистекен политикăна тытса пыни Хĕвеланăç Европăра питĕ пысăк йывăрлăхсем пуласси патне илсе пыраççĕ.

Америкăри промышленность ушкăнĕсен шанчăклă хаçачĕ «Уолл-стрит джорнал» çапла çырнине ăнсăртран пулнă теме çук: Францие Англин официальнăй ушкăнĕсем хушшинчи пĕтĕмĕшле шухăш-кăмăл çакăн пек пулас: вĕсен халăхĕсем тăватă çĕршыв хушшинчи канашлушăн тăраççĕ тата ăна пухма хистеççĕ, çавнашкал канашлу пухăнмасан вара çав ушкăнсем сивĕ вăрçа малалла тăсса пырас тĕлĕшпе нимех те тăваймĕç кăна мар, тата вĕсене влаçран та кăларса пăрахĕç.

Çакнашкал шухăшсем, хаçат çырнă тăрăх, Даллеса тăватă çĕршыв канашлăвне СССР хутшăннипе иртерессиçинчен килĕшме хистенĕ. Çав вăхăтрах Даллес, «хăйне паллă пур сăлтавсемпе те» усă курса, çав сĕнĕве хирĕç тăнă.

Çапла вара, США-н, Англин тата Францин ертсе пыракан ушкăнĕсен халăх массисен ыйтăвĕсене шута илме тивнĕ, анчах çакна вĕсем мире юратнипе мар, хăйсен политики пĕтĕмпех тăрă шыв çине тухасран хăранипе тунă. Халăх массисем пĕтĕм тĕнчери татса паман ыйтусене калаçусем иртернипе йĕркелеме тăрăшаççĕ.

Общественность ыйтăвĕсене шута илме килĕшнĕ пулин те Америка дипломатийĕ, хăйĕн Англирипе Францири партнерĕсем пулăшнипе, Вашингтонра тин кăна йышăннă решенипе пĕтĕм тĕнчери чи пысăк ыйтусене татса парас ĕçре усă курмалла ан пултăр тесе пĕтĕм вăйран тăрăшнă. Вăл çав решенипе хăйĕн тĕллевне, пĕтĕм тĕнчери йывăр лару-тăрăва çăмăллатас задачăсемпе пачах килĕшсе тăман тĕллевне пурнăçлас ĕçре усă курасшăн.

Чи реакциллĕ ушкăнсен шухăшне палăртса тăракан Даллеса кунта та хăшпĕр таран хăйĕн тĕллевĕсене пурнăçлама тÿр килнĕ. Англипе Франци представителĕсем, США енчен хĕснине пула, тăватă правительство пуçлăхĕсен калаçăвĕсене иртермелли идейăран каялла чакнă. Ку вăл малтанрах Черчилль тăратнă сĕнÿпе—Англипе Францири общественность ырланă сĕнÿпе—танлаштарсан, утăм каялла чакни пулать.

Вашингтонра пĕлтернинче малтанхи позицисенчен тата тепĕр утăм каялла чакни курăнать. Çав пĕлтерÿ тăватă çĕршыв канашлăвĕн задачисене хĕсме хăтланнине кăтартса парать, çав канашлура Германипе Австри пирки тăракан ыйтусене çеç сÿтсе явасшăн. Çапла шутлама пулать: Вашингтонри канашлу участникĕсем тĕп ыйтăва—пĕтĕм тĕнчери çыхăнусен йывăрлăхĕ пирки тăракан ыйтăва—пачах лартасшăн мар тата ăна татса пама та май килмест тесшĕн.

Сентябрĕн 6-мĕшĕнче Бонн республикинче парламент суйлавĕ пулмалла. Ун чухне Хĕвеланăç Германири халăх Аденауэр ушкăнне правительствăран кăларса ывăтма пултарать. Çавна май Аденауэра пулăшакансен васкама тивет. Ĕç акă мĕн патне çитнĕ: Францин ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн Аденауэр ушкăнне, вăл Германи милитаризмне çĕнĕрен чĕрĕлме тăрăшать пулсан тата гитлерла «вермахта» çĕнĕрен туса хума тăрăшать пулсан, пулăшма хатĕр тăни çинчен Вашингтонра алă пусма тивнĕ.

Вашингтонри документра вице держава «Европа çарне» туса хумалли плана пурнăçа кĕртессишĕн ытларах тăрăшнине уççăнах палăртни ăнсăртран пулман. Çав планпа Хĕвеланăç Германие ремилитаризацилеме тата ăна агрессиллĕ Атлантика блокне кĕртме пăхнă. Тепĕр енчен, çакă паллă: Бонра йышăннă договор, — ăна ратификацилессишĕн США хытă тăрăшать,—Германи пĕрлешес пулсан, унăн вара пĕтĕм тĕнче умĕнче Хĕвеланăç Германи правительстви йышăннă обязательствăсене пурне те йышăнмалла, çав шутра, пĕллах, «Европа çарне» хутшăнасси çинчен илнĕ обязательствăна та йышăнмалла.

Çак плансем, Германи тепĕр хут милитаристла государство пултăр тесе тунă плансем, пурне те паллă. Германин хĕçпăшаллă вăйĕсене «Европа çарĕн» никĕсĕ туса хума, агрессиллĕ Çурçĕр Атлантика союзĕн ударнăй вăйĕ туса хума палăртнă. Германи пирки тунă çак плансем пурте пурнăçланас пулсан, пурне те паллă ĕнтĕ, çакă вăл Европа центрĕнче вăрçăшăн хыпăнакан вăйсем çĕнĕрен чĕрĕлессипатне, вăрçă вучахĕ çĕнĕрен пулса тăрасси патне илсе пыма пултарать, çавăн пек вăрçă вучахĕ нумаях пулмасть гитлерла Германи пулчĕ.

Çакна май çак факта—Вашингтонри канашлу участникĕсене вĕсен планĕ ытла та тăмсайла план тесе Хĕвеланăç Европăри буржуаллă хаçатсем ÿпкелешнине—палăртса хăвармалла. Çапла, Кроссмэн лейборист Англире тухса тăракан «Санди пикториэл» хаçатра çапла çырать: «Молотова Германи ыйтăвĕ пирки ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен сентябрь вĕçĕнче пулакан канашлăвне хутшăнма сĕнеççĕ. Ăна малтанах çапла пĕлтерсе хураççĕ: вăл темиçе сĕнÿсем парас пулсан та, хĕвеланăçри вице держава Германие тепĕр хут хĕçпăшаллантарма пăрахас çук. Тĕрĕссипе илсен, Кремлĕн мирлĕ пуçарăвĕ çине эпир сиввĕн ответлерĕмĕр, вырăссем хăйсен вонинчен тухса кайччăр тата пĕрлештерĕ, хĕçпăшаланнă Германие оборонăн Атлантика системине тулли правалла член пулса хутшăнтарма килĕшчĕр терĕмĕр». Ыйтăва çакăн пек лартни калаçусем иртерессине чарса лартма кăна пултарнине палăртса, Кроссмэн юлашкинчен çапла çырать: «эпĕ çапла шутлатăп: Даллес, хăй кăмăлламан канашлăва иртерме ирĕксĕррех килĕшсе, вăл канашлу путланса лартăр тесе малтанах мерăсем те йышăнчĕ».

Американ Вашингтонри канашлăвăн организаторĕсем чăннипе Германи ыйтăвне кирлĕ пек татса пама шутламанни çинчен Хĕвеланăç Европăри хаçатсем нимĕн пытармасăрах çыраççĕ. Германи ыйтăвĕ пирки шавлани вĕсене нимĕç халăхне Американ влаçра тăракан ушкăнĕсемпе вĕсем уйăрса лартнă Аденауэр Германи интересĕсене хÿтĕленĕ пек кăтартма, çапла майпа Аденауэр шайккин хавшанă позицийĕсене тĕреклетме кирлĕ пулнă.

Çаксенчен акă мĕн курăнать: Вашингтонри канашлу çинчен пĕлтернине чăннипе Германи ыйтăвне татса парассишĕн тăрăшса çырман, ăна Американ влаçра тăракан ушкăнĕсем Аденауэра влаçра хăварма тăрăшса, Аденауэр шайккипе пĕрле Хĕвеланăç Германири мĕнпур пурлăхсемпе тата çынсемпе агрессиллĕ тĕллевсене пурнăçлама усă курмалла тăвас шутпа çырнă.

Халиччен Америка пропаганди французсене «Совет Союзĕ енчен хăрушлăх килме пултарать» тесе хăратнипе «Европа çарне» тунипе килĕшме хĕтĕртнĕ пулсан, халĕ вара çав хăрушлăх пирки каланă халапсене никам та ĕненмест. Ăнсăртран мар ĕнтĕ, Даллес та, Американ телевизор станцийĕн программи тăрăх июлĕн 17-мĕшĕнче тухса каланă чухне, çав кивелсе кайнă суя сăлтавпа усă курма хăяйман. Вăл «Европăри çĕршывсен пĕр-пĕрне хÿтĕлемелли обществине» тăвас, урăхла каласан, «Европа çарĕ» текенскерне тăвас ĕç—«питех те кирлĕ утăм» малалла кайман пирки хытă пăшăрханни çинчен каланă.

Даллес çапла каланă:

«Пирĕн кÿренме тивет пулсан та, парламентсем çак утăмпа малалла кайссине вăраха тăсаççĕ. Хăшпĕрисем Европăри çĕршывсен пĕр-пĕрне хÿтĕлемелли обществин Совет Союзĕ енчен килекен хăрушлăха сирсе ярассисĕр пусне; урăх нимĕнле тĕллев те çук, тесе шутлаççĕ. Çавăнпа та ку хăрушлăх сахалланнă пирки, вĕсен шучĕпе, çавăн пек обществo тума кирлĕ мар». Çав шухăша хирĕç каласа, Даллес «Европа пĕрлĕхне тумалли тĕп сăлтав вăл Европăри государствăсем хушшинче пĕрлĕх пулманшăн 150 çул хушшинче яланах вăрçăсем тухни» пулать, «çавăнпа Европа пĕрлĕхне тумалла», тет.

Çаксенчен Америка «Европа çарне», Германин империализмла хĕçпăшаллă вăйĕсем пуç пулса тăмалли çара, хăвăртрах тутарассишĕн хытăрах хĕсме тытăнни курăнать. ССР Союзĕ енчен тĕмĕнле «хăрушлăх» килет тесе сÿйса улталама май килмен пирки, Хĕвеланăç Европăри çĕршывсен парламенчĕсене асăннă çара тăвассишĕн сасăлаттарма васкавлăн çĕнĕ сăлтавсем шухăшласа кăлараççĕ. Çав шутпах çĕнĕ майсемпе Хĕвеланăç Германире Аденауэрăн хавшанă позицийĕсене тĕреклетме хăтланаççĕ. Çакна шута илнипе çеç Вашингтонри канашлу Германи ыйтăвĕ пирки мĕншĕн сăмах хускатнине ăнланса илме пулать. Канашлу çав вăхăтрах Германипе тумалли мирлĕ договора хатĕрлес, пĕтĕм Германи правительствине туса хурас пирки практикăлла ĕçсем тăвас, Германие пĕрлештерес ĕçе вăраха ямасăр пурнăçлас пирки калама килĕшмест.

Вашингтонри канашлу, пĕр енчен, СССР, США, Англи тата Франци ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕсен канашлăвне пухмалла тесе каланă, çавăн пек канашлу лайăх ĕçлеме пултарсан, усăллă ĕç тăвĕччĕ. Тепĕр енчен, Вашингтонри канашлу тăватă держава представителĕсен канашлăвĕ пухăнсан, унта мире тĕреклетес интересемпе нимĕн чухлĕ çыхăнман, тĕнчери çĕршывсем хушшинчи йывăрлăха çăмăллатас задачăсемпе нимĕн чухлĕ çыхăнман тĕллевсене пурнăçламалла тăвасшăн. Вашингтонри канашлăва пухăннисен сăмахĕсемпе ĕçĕсем пĕр-пĕринчен çав тери уйрăлса тăни уççăнах палăрчĕ.

Çапла ĕнтĕ, Вашингтонри канашлу мĕне пĕлтерет-ха?

Ку канашлу çакна пĕлтерет: халĕ ĕнтĕ тĕнчери çĕршывсем хушшинчи татса пама вăхăт çитнĕ ыйтусене калаçусем иртернипе йĕркелеме кирлине никам та йышăнмасăр тăма пултараймасть.

Çавăнпа пĕрлех Вашингтонри канашлу тата вăл пулнă хыççăн пичетленсе тухнă пĕлтерÿ çав ыйтусене интереслĕнекен государствăсем хушшинче чăн-чăн килĕшÿсем тунипе татса парас çул çинче мĕн тери пысăк чăрмавсем пуррине кăтартса пачĕ.

Задача çапла: тĕнчери çĕршывсем хушшинчи йывăрлăхсене çăмăллатма кансĕрлекен чăрмавсене сирсе пăрахас пулать.

(«ПРАВДА» хаçатăн июлĕн 23-мĕшĕнчи умстатьинчен).

# Чăваш АССР халăх хуçалăхне 1953 çулта аталантармалли государство планне пĕрремĕш çурçуллăхра мĕнле тултарни çинчен

## *Чăваш АССР Статистика Управленийĕ пĕлтерни*

**I.**

Чăваш АССР-ĕнчи промышленность пĕрремĕш çурçуллăхра продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмĕшпе 100,6 процент тултарнă.

Чăваш АССР-ĕнчи пĕтĕм промышленность продукци туса кăларасси 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, 13 процент ÿснĕ.

Чăваш АССР-ĕнчи министерствăсемпе ведомствăсем тата союзлă министерствăсемпе РСФСР министерствисене пăхăнса тăракан предприятисем плана çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăх планне тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Союзлă министерствăсене пăхăнса тăракан предприятисем | 101 |
| РСФСР министерствисемпе ведомствисене пăхăнса тăракан предприятисем | 96 |
| Вăл шутран: | |
| «Чувашлес» трест | 86 |
| «Чувашлесдрев» трест | 84 |
| Аш-какай тресчĕ | 128 |
| Çăкăр тресчĕ | 107 |
| Сĕт-çу тресчĕ | 113 |
| Чăваш АССР министерствисемпе ведомствисем | 104 |
| Вăл шутран: | |
| Вырăнти промышленноçпа топливо промышленноçĕн министерстви: | 105 |
| а) топливо промышленность предприятийĕсем | 106 |
| б) вырăнти промышленность предприятийĕсем | 104 |
| вăл шутра районсемпе хуласенчи промкомбинатсем | 106 |
| Чăваш АССР çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерстви: | 102 |
| а) çăмăл промышленность предприятийĕсем | 93 |
| б) апат-çимĕç промышленность предприятийĕсем | 109 |
| вăл шутра районсемпе хуласенчи апат-çимĕç комбиначĕсем | 106 |
| Строительство материалĕсем тăвакан промышленность управленийĕ | 106 |
| Чăваш АССР Культура министерствин предприятийĕсем | 106 |
| Чăваш АССР коммунальнăй хуçалăх министерствин предприятийĕсем | 103 |
| Пулă тресчĕ | 72 |
| Чăвашпромсовет | 105 |
| Чăвашпотребсоюз предприятийĕсем | 106 |

Сĕт-çу тресчĕ, вырăнти топливо промышленность предприятийĕсем, районсемпе хуласенчи промкомбинатсемпе апат-çимĕç комбиначĕсем, Стройматериалсем тăвакан промышленность управленийĕ тата Чăвашпромсовет 1953 çулхи çурçуллăхри плана пĕтĕмĕшпе тултарнă пулин те, хăшпĕр чи кирлĕ продукци туса кăлармалли плана тултарайман.

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра «Чувашлес» тресчĕ тата «Чувашлесдрев» тресчĕ çителĕксĕр ĕçленĕ, вĕсем пĕтĕмĕшле продукци туса кăлармалли плана тата кăтартса панă номенклатура енĕпе чылай тултарса çитереймен.

**II.**

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра пĕтĕмĕшле продукци туса кăлармалли плана уйрăм предприятисем çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăх планне тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденлĕ завод (директорĕ Ардаматский) | 112 |
| Канашри вагонсем юсакан завод (начальникĕ Трухин) | 97 |
| Улатăрти пăравуссем юсакан завод (начальникĕ Соколов) | 101 |
| Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ (директорĕ Хрипушин) | 88 |
| Куславккари çуртсем тăвакан завод (директорĕ Коваленко) | 100 |
| Çĕмĕрлери «Большевик» завод (директорĕ Чернов) | 108 |
| Шупашкарти пир-авăр комбиначĕ (директорĕ Бекренев) | 94 |
| Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан завод (директорĕ Русин) | 122 |
| Шупашкарти пир-авăр фабрики (директорĕ Кулешов) | 102 |
| Çĕрпÿри пир-авăр фабрики (директорĕ Филиппов) | 84 |
| Сĕнтĕрти пир-авăр фабрики (директорĕ Хорошина) | 83 |
| Шупашкарти чăлха фабрики (директорĕ Петрунин) | 97 |
| Шупашкарти лента тĕртекен фабрика (директорĕ Байков) | 111 |
| Шупашкарти тир-сăран комбиначĕ (директорĕ Семенов) | 88 |
| Улатăрти атă-пушмак фабрики (директорĕ Дембицкий) | 104 |
| Шупашкарти Ленин ячĕпе тăракан çĕвĕ фабрики (директорĕ Рычкова) | 93 |
| Шупашкарти тумтир çĕлекен 1-мĕш индпошив мастерскойĕ (директорĕ Стайнова) | 88 |
| Шупашкарти ликерпа эрех завочĕ (директорĕ Кирюхин) | 106 |
| Етĕрнери спирт завочĕ (директорĕ Василенко) | 103 |
| Сĕнтĕрвăрринчи спирт завочĕ (директорĕ Плотников) | 98 |
| Улатăрти махорка фабрики (директорĕ Горелов) | 108 |
| Шупашкарти кондитерски фабрика (директорĕ Егоров) | 95 |
| Шупашкарти макарон фабрики (директорĕ Иванов) | 108 |
| Шупашкарти сăра завочĕ (директорĕ Быков) | 118 |
| Етĕрнери çу завочĕ (директорĕ Смоленцев) | 119 |
| Шупашкарти хĕрлĕ эрех комбиначĕ (директорĕ Фомичев) | 117 |
| Атăл леш енчи электростанци (директорĕ Зубов) | 102 |
| Атăл леш енчи торф предприятийĕ (директорĕ Грибов) | 118 |
| Шупашкарти кирпĕч завочĕ (директорĕ Горюнов) | 115 |
| Ивановăри кирпĕч завочĕ (директорĕ Александров) | 86 |
| Улатăрти кирпĕч завочĕ (директорĕ Регина) | 103 |
| Çĕмĕрлери кирпĕч завочĕ (директорĕ Яковлев) | 135 |
| Энĕшпуçĕнчи кирпĕч завочĕ (директорĕ Михасев) | 103 |
| Çĕктерти вăрман комбиначĕ (директорĕ Авдеев) | 111 |
| Вăрмарти сĕтел-пукан фабрики (директорĕ Зенин) | 83 |

Шупашкарти пир-авăр фабрики, Куславккари çуртсем тăвакан завод, Улатăрти атă-пушмак фабрики, Шупашкарти ликерпа эрех завочĕ, Çĕктерти вăрман комбиначĕ тата ытти уйрăм предприятисем те, пĕтĕмĕшле продукци туса кăлармалли плана тултарнă пулин те, производство планне палăртнă номенклатура енĕпе тултарса çитереймен.

**III.**

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра уйрăм продукци туса кăлармалли плана çакăн чухлĕ тултарнă:

| | 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăх планне тултарнă (процентпа) |
|---|---|
| Йывăç турттарса кăларнă | 90 |
| Вăл шутран: | |
| Ĕçе юрăхлă йывăç | 82 |
| Хăма çурса кăларнă | 88 |
| Кирпĕч хĕртнĕ | 107 |
| Черепица хĕртнĕ | 82 |
| Известь хĕртнĕ | 84 |
| Электроэнерги туса кăларнă | 102 |
| Торф хатĕрленĕ | 107 |
| Вагонсем юсанă | 99,7 |
| Пăравуссем юсанă | 100 |
| Стандартлă çуртсем | 108 |
| Юман экстракчĕ | 109 |
| Пир-авăр | 103 |
| Пир-авăр çипĕ | 89 |
| Чăлхапа носки | 98 |
| Трикотаж изделийĕсем | 116 |
| Сăран атă-пушмак | 100,2 |
| Çăматă | 82 |
| Çăнăх | 101 |
| Аш-какай | 115 |
| Ÿсентăран çăвĕ | 113 |
| Выльăх-чĕрлĕх çăвĕ | 107 |
| Пулă тытнă | 79 |
| Премĕк-канфетсем | 101 |
| Макарон | 105 |
| Çăкăрпа булка | 117 |
| Эрех | 110 |
| Хĕрлĕ эрехсем | 109 |
| Сăра тата брага | 101 |
| Тутлă шывсем | 85 |
| Махорка | 106 |
| Çуна | 87 |
| Урапа | 70 |
| Чăпта | 135 |

**IV.**

Республикăри колхозсемпе машина-трактор станцийĕсем çуракине ăнăçлă иртернĕ тата çурхи культурăсем акмалли плана тултарнă. 1953 çулта тырпул акса хăварнă çĕр лаптăкĕ, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, ÿснĕ. Йĕтĕнпе кантăр акса хăварнă çĕр лаптăкĕ чылай ÿснĕ. Пахча çимĕç культурисем акнă лаптăк ÿснĕ. Нумай çул тата пĕр çул ÿсекен курăксем çулса илнĕ лаптăк пысăкланнă. Çапах та йĕтĕнпе кантăр акма планпа панă заданисене пурнăçласа çитереймен.

**V.**

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра, 1952 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхрипе танлаштарсан, государствăн капитальнăй строительство ĕçĕсен пысăкăшĕ 143 процент пулнă, вăл шутра электростанцисемпе электропромышленность енĕпе 122 процент, строительство материалĕсем тăвакан промышленноçра 219 процент, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнче 215 процент, çул-йĕр тата транспорт хуçалăхĕ енĕпе 128 процент пулнă. Анчах та 1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхри строительство планне тултарайман.

**VI.**

1953 çулхи пĕрремĕш çурçуллăхра ваккăн тăвакан суту-илÿри тавар çаврăнăш планне, обществăлла апатланăва шута илсен, Чăваш АССР-ĕ тăрăх 100,3 процент тултарнă.

Тавар çаврăнăш планне уйрăм суту-илÿ организацийĕсем çакăн чухлĕ тултарнă:

| | |
|---|---|
| Чăвашторг | 101 |
| Чебторг | 99 |
| Шупашкарти столовăйсен тресчĕ | 101 |
| РСФСР Вăрман тата хут промышленность министерствин Чăваш республикинчи УРС-ĕ | 103 |
| Хусан чугун çулĕн 3-мĕш уйрăмĕн ОРС-ĕ | 99,8 |
| Канашри вагонсем юсакан заводăн ОРС-ĕ | 102 |
| Чувашкниготорг | 98 |
| Союзпечать | 93 |
| Чувашпотребсоюз | 104 |
| Чувашпромсовет | 87 |

ЧĂВАШ АССР СТАТИСТИКА УПРАВЛЕНИЙĔ.

# СССР Верховнăй Совет Президиумĕнче

СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, маларах йышăннă решение улăштарса, Советлă Социализмлă Республикăсен Союзĕн Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессине 1953 çулхи августăн 5-мĕшĕнче пухма йышăннă.

# Пĕтĕм тĕнчери рабочи юхăмĕнчи историллĕ тапхăр

(Партин II-мĕш съезчĕ пулнăранпа 50 çул тултарнă тĕле)

Научнăй коммунизмăн ниçĕсене хывакансем—Маркспа Энгельсăн вĕрентĕвне творчествăлла аталантарса, XIX-мĕшпе XX-мĕш ĕмĕрсен чиккинче аслă Ленин Российăри рабочи класс умне вăрçа ямасăр çĕнĕ типлă революцилле парти тăвас задача лартнă. Çĕнĕ парти II-мĕш Интернационалăн вăл вăхăтри оппортунистла партийĕсенчен тĕпренех уйрăм пулмалла пулнă. Апа, пĕрлĕхлĕ, централизациленĕ тата революцилле теорипе хĕçпăшалланнă партие, В. И. Ленин пролетариатпа ĕç хресченĕсене царизмпа тата буржуазипе помещиксен стройне хирĕç хăюллăн та татăклăн штурмлама, социализмла революци çĕнтерĕвĕшĕн кĕрешме туса пынă.

Российăри социал-демократла партин 1898 çулта пулса иртнĕ пĕрремĕш съезчĕ партие туса хуни çинчен пĕлтернĕ пулнă. Анчах та чăннипе ун чухне партие тăвайман. Партин программăпа уставĕ пулман. Пĕрремĕш съездра суйланă партин Центральнăй Комитетне патша правительстви арестленĕ.

1903 çулхи июлĕн 30-мĕшĕнче Российăри социал-демократла рабочи партин II-мĕш съезчĕ уçăлнă. Çав историлле съездра партие чăн-чăн тăвакан Ленин пулнă, вăл партин çулпуçĕ пулса тăнă. Оппортунизмпа вăйлăн кĕрешсе, Ленин тата ун майлă шухăшлакансем пирĕн партин принципла тата организацилле пусăмĕшĕсене туса хунă тата сыхласа хăварнă. Вĕсене ленинла «Искра» страницисенче хатĕрленĕ пулнă. II-мĕш съезд партин программипе Уставне çирĕплетнĕ, партин центральнăй органĕсене туса хунă.

## Съезда ирттерме хатĕрленни

Съезда ирттерме хатĕрленесси революцилле çил-тăвăл ӳснĕ вăхăтра пулса пынă. Российăра рабочи юхăм хăвăрт ӳснĕ. Буржуалла-демократилле пĕрремĕш революци çывхарса килнĕ. Россия пролетариачĕ, пĕтĕм тĕнчери пролетариат авангарчĕ пулса, обществăлла аталанăвăн ертсе пыракан вăйĕ пулса тăнă. Ленинăн çакă паллă пулнă: революцилле марксистла партисĕр рабочи класс хăйĕн историлле задачисене пурнăçа кĕртме пултараймасть.

Çавăн пек партие тăвас тесен питĕ пысăк йывăрлăхсене çĕнтермелле пулнă, çав йывăрлăхсемпе чăрмавсене царизмăн политикăлла террорĕ кăларса тăратнă. Çавăн пекех пĕтĕм тĕнчери оппортунизма палăртса тăракан «экономизма» çапса аркатма тивнĕ. «Экономистсем» партин тата рабочи класăн политикăлла задачисене хакламан, вĕсене пĕчĕклетсе кăтартнă, пролетариата царизма хирĕç кĕрешес ĕçри политикăлла пĕтĕмĕшле кĕрешӳрен пăрса яма тăрăшнă, унăн задачисене буржуази енчен экономикăлла вак-тĕвек пулăшу парассипе пӳлсе тăнă.

Ленинăн çĕнĕ типлă марксистла парти тумалли генилле планĕнче чи малтан вырăссен пĕтĕмĕшле политикăлла хаçатне тума палăртнă, унăн парти рĕчĕсене пĕтĕçтерекен тата партин II-мĕш съездне пухакан идейăлла тата организацилле центр пулса тăмалла пулнă. Çавăн пек хаçата 1900 çулта Ленин тунă, вăл «Искра» пулнă.

Ленинла «Искра» оппортунизма хирĕç вирлĕн кĕрешнĕ, вăл хăйĕн страницисенче творчествăлла марксизма анлăн пропагандăланă, партин программăлла, тактикăлла тата организацилле принципĕсене никĕслесе туса хатĕрленĕ.

1902 çулхи мартра В. И. Ленинăн «Что делать?» ятлă генилле ĕçĕ пичетленсе тухнă, унта вăл «экономистсен» идейăлла позицийĕсене çапса аркатмаллăх критикленĕ, революцилле марксистла партишĕн теори пĕлтерĕшне питĕ çӳлĕ пусăма çĕкленĕ, партин идеологилле никĕсĕсене генилле хатĕрлесе панă.

## Съезд решенийĕсен историлле пĕлтерĕшĕ

Съездăн ларăвĕсем малтан Брюссельре, унтан, Бельги полицийĕ чарнă хыççăн, Лондонра пулса иртнĕ.

Съездри чи кирлĕ ыйту вăл партин программи çинчен тăракан ыйту пулнă. Ленинла «Искра» туса хатĕрленĕ программăра пролетариат диктатури туса хурасси çинчен требовани кĕртнĕ тата çывхарса килекен буржуалла-демократилле революцире рабочи класс ертсе пыракан вăй пулса тăмаллине кăтартса панă.

Оппортунистсем II-мĕш съездра пролетариат диктатури идейине хирĕç тăнă, партин программине хресчен ыйтăвĕ тĕлĕшпе тăракан требованисене кĕртме килĕшмен. Вĕсем пулас революцире хресченсене рабочи класăн союзникĕ тесе шутламан, нацисен самоопределени прави требованийĕпе килĕшмен.

Оппортунистсене хирĕç кĕрешсе, Ленин программăн çав положенийĕсене сыхласа хăварнă. Съезд «Искра» сĕннĕ партин программине йышăннă, вăл икĕ пайран—программа-минимум тата программа-максимум пайĕсенчен тăнă. Программа-минимум çывăхри задачăсене—патша самодержавине сирпĕтсе антарассине, демократилле республика туса хурассине, рабочисем валли ĕç кунне 8 сехет тăвассине, ялта крепостничествăн пĕтĕм юлашкийĕсене пĕтермеллине, нацисен самоопределени прави пуррине кăтартса панă. Программа-максимумра рабочи класăн социализмла революцишĕн кĕрешме кирлине, капиталистсен власне сирпĕтсе антарма тата пролетариат диктатури туса хума кирлине кăтартса панă.

Съездра организацилле ыйтусем тăрăх, чи малтан партин членĕнче тăрас пирки тавлашусем сивĕч пулнă. Ленинăн формулировки çакăн пек пулнă: партин программине йышăнакан, партие материальнăй пулăшу парса пыракан тата унăн организацийĕсенчен пĕринче члента тăракан кашни çын партин членĕ пулма пултарать.

Партин уставĕн пĕрремĕш параграфне çапла çырса, Ленин çаксене шута илнĕ: парти рабочи класăн малта тăракан, организованнăй тата ăнлануллă отрячĕ пулса тăрать, унсăр пролетариат революцире çĕнтерӳ тума пултараймасть. Ленин II-мĕш съездра боевой, пĕрлĕхлĕ, пĕр шухăш-кăмăлпа тата хурçă пек çирĕп дисциплинăпа пĕтĕçсе тăракан парти туса хурассишĕн кĕрешнĕ, çав парти пролетариата революцире ертсе пыракан вăй туса хумалла пулнă тата ăна власшăн кĕрешĕве ертсе каймалла пулнă.

Мартов оппортунистăн формулировки пачах урăхла пулнă. Вăл, партире членра тăрас тесен, программăна йышăнни тата партие материальнăй пулăшу пани те çитет, тенĕ. Çак формулировкăна пула шанчăксăр, пролетарилле мар элементсем те партие кĕме пултарнă. Вăл партие пĕр йĕркесĕр, революцилле ĕçсем тума пултарайман организаци туса хурасси патне илсе пынă.

Хăшпĕр çирĕп мар искровецсем ку ыйту тĕлĕшпе оппортунистсем енне куçнă. Съезд уставăн пĕрремĕш параграфĕ тăрăх Мартов формулировкине йышăннă. Уншăн 28 сасă панă, ăна хирĕç 22 сасă пулнă, пĕр делегат нихăш майлă та сасăламан. Анчах та II-мĕш съездăн йăнăшне III-мĕш съездра тӳрлетнĕ. Виççĕмĕш съезд партире членра тăрас тĕлĕшпе уставăн пĕрремĕш параграфне Ленин формулировкине йышăннă.

Центральнăй органсене суйланă чухне Ленин çĕнтернĕ. Çавăнтан пуçласа, II-мĕш съездра центральнăй органсене суйланă чухне сасă ытларах пухнă Ленин майлисене большевиксем теме пуçланă, съездра сахалтарах сасă пухнăскерсене—Ленина хирĕç тăракансене меньшевиксем теме пуçланă.

Малашнехи вăхăтра меньшевизма хирĕç кĕрешес ĕçре Ленинăн «Шаг вперед, два шага назад» ятлă произведенийĕ питĕ пысăк вырăн йышăнса тăнă, унта партин организацилле никĕсĕсене кăтартса панă. И. В. Сталин хăйĕн «Коротко о партийных разногласиях», «Класс пролетариев и партия пролетариев» ятлă ĕçĕсенче партин идеологилле тата организацилле никĕсĕсене хӳтĕленĕ.

Съезд хыççăн большевиксемпе меньшевиксем хушшинчи организацилле ыйтусем тĕлĕшпе тăракан хирĕçӳсем тактикăлла тата программăлла хирĕçӳсем пулса каяççĕ. РСДРП хушшинче большевиксем яланах меньшевиксене хирĕç татăклăн кĕрешнĕ, большевиксем рабочи класăн революцилле пĕрлĕхĕшĕн тăнă. 1912 çулта пулса иртнĕ Прагăри конференци меньшевиксене партирен хăваласа кăларнă, кунтах Российăри социал-демократсен (большевиксен) рабочи партине туса хунă. 1918 çулта пухăннă партин çиччĕмĕш съезчĕ пирĕн партие Коммунистсен (большевиксен) партийĕ тесе ят панă. XIV-мĕш съездран пуçласа партие ВКП(б) тесе, XIX-мĕш съездран тытăнса Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ тесе ят панă.

Иккĕмĕш съездăн решенийĕсем пĕтĕм тĕнчери оппортунизма хăватлăн пырса çапнă, вĕсем мĕнпур çĕршывсенчи рабочисене революцилле марксистла партишĕн кĕрешмелли çула кăтартса панă.

## Ĕççыннисен интересĕсемшĕн кĕрешнĕ чаплă çур ĕмĕр

Генилле Ленин 50 çул каялла тунă Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕ питĕ пысăк вăй пулса тăчĕ. Ленин ертсе пынипе, Ленин ученикĕпе унăн ĕçĕсене малалла туса пынă аслă Сталин тата вĕсен соратникĕсем ертсе пынипе парти кĕрешӳсенче туптанса çирĕпленчĕ.

Пирĕн çĕршыври халăхсем çур ĕмĕр хушшинче Российăри пур тĕп партисен ĕçĕсене те курнă, вĕсем хăйсен партийĕ тесе Коммунистсен партине суйласа илнĕ, мĕншĕн тесен Коммунистсен партийĕ кăна халăх интересĕсемшĕн тăнă.

Пирĕн парти 50 çул хушшинче чаплă çул утса тухрĕ. Вăл ăслă ертсе пынипе пирĕн Тăван çĕршыври ĕççыннисем царизма хирĕç, помещиксемпе капиталистсене хирĕç паттăррăн кĕрешнĕ. Рабочи класпа ĕç хресченĕсен союзне организацилесе, парти 1917 çулхи Октябрьти Социализмла Аслă революцие туса ирттерчĕ. Çавна пула капиталистсемпе помещиксен власне сирпĕтсе антарнă, пролетариат диктатури туса хунă, капитализма тата сынна çын эксплуатацилессине пĕтернĕ, социализмла общество туса хунă. Халĕ парти совет халăхне майĕпен коммунизма куçас çулпа ертсе пырать.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе совет халăхĕ иккĕмĕш тĕнче вăрçинче пĕтĕм тĕнчипе историлле çĕнтерӳ турĕ — фашизма çĕмĕрсе тăкрĕ, мире юратакан, чăн-чăн демократилле государствăсем пулса кайма пулăшрĕ. Çав лагерĕн вăйĕсем вĕçĕ-хĕррисĕр пысăк.

Парти хăйĕн пĕтĕм историйĕ тăршшĕнче рабочи класăн пур йышши тăшманĕсене те хирĕç татăклăн кĕрешсе ӳссе çирĕпленсе пынă. Вăл ССР Союзне капитализм çулĕ çине тăратма тапăçланнă троцкистсене, бухаринецсене, зиновьевецсене, буржуазла националистсене çапса аркатрĕ.

Халĕ империалистсем пирĕн çĕршыври этем каяшĕсем çине, пăсăлса кайнă çынсем çине таянасшăн, вĕсем хăйсен агентурин хура ĕçĕсене вăйлатаççĕ. Пурпĕрех ĕç тухас çук! Империализм тарçи пулса тăнă Берияăн преступникла авантюрине пĕтерсе хуни парти, правительство, совет халăхĕ хушшинчи никам аркатайми пĕрлĕхĕн вăйне тата тепĕр хут усăмлăн кăтартса парать. Çав хурçă пек пĕрлĕхе пула Совет Союзне хирĕçле тăвакан плансемпе провокацисем халиччен те арканнă, малашне те арканĕç.

Коммунистсен партийĕ тавра тачă пĕтĕçсе, совет халăхĕ хăйĕн историлле аслă ĕçне тăвать. Парти, правительство тата халăх тачă пĕрлешнĕ никĕс çинче пирĕн çĕршыв шанчăклăн та çирĕппĕн коммунизм строительстви çулĕпе утать.

Парти малалла ăнăçлăн каймалли питĕ кирлĕ условийĕ вăл—партипе государство руководстви коллективлă, çирĕп пĕтĕçӳллĕ тата пĕр шухăш-кăмăллă пулни. Коллективла принципа хытă тытса пыни—çĕршыва тĕрĕс ертсе пымалли паха май.

Пирĕн партин никам çĕнтерейми вăйĕ чи малтан çакăнта пулать: вăл хăйĕн нумай енлĕ пĕтĕм ĕçне малта тăракан революцилле теори — марксизм-ленинизм тăрăх туса пырать, ку теори партие усăмлă тĕллев, çĕнтерӳ тума шанчăклăх, кирек мĕнле лару-тăрура та тĕрĕс çул суйласа илме май парать.

Коммунистсен партийĕн иксĕлми вăйĕпе никам çĕнтерейменлĕхĕн çăлкуçĕ — вăл халăхăн анлă массисемпе тачă çыхăнса тăнинче. Парти ĕççыннисемпе тытакан çыхăнăва пĕрмаях вăйлатса тата çирĕплетсе пырать, вăл массăсене вĕрентнĕ вăхăтрах, хăй те вĕсенчен вĕренет. Совет çыннисем Коммунистсен партине хăйсен тăван партийĕ, хăйсен çулпуçĕ тата учителĕ тесе шутлаççĕ.

XIX-мĕш съезд решенийĕсене тĕп вырăна хурса, Коммунистсен партийĕ халăхăн пĕтĕм вăй-хăвачĕпе творчествăлла активлăхне промышленноçа тата ялхуçалăхне малалла аталантарса пыма, халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те вăйлатма мобилизацилет. Халăх ырлăхĕшĕн, унăн материальнăй тата ăс-хакăл ыйтăвĕсене тивĕçтерессишĕн куллен тăрăшасси партишĕн чи аслă закон пулса тăрать.

Парти Совет государствине—коммунизм тăвас ĕçри тĕп хĕçпăшала—ывăнма пĕлмесĕр çирĕплетсе пырать. Вăл Совет государствин тĕп никĕсне—халăхсен туслăхне куç шăрçине сыхланă пек сыхлать тата ăна тĕреклетсе пырать. Парти буржуалла националистсене татăклăн тăрă шыв çине кăларать. Çав ирсĕрсем пирĕн çĕршыври халăхсене хирĕçтерсе яма хăтланаççĕ. Парти массăсене пролетарилле интернационализм тата совет патриотизмĕ майлă воспитани парать, вăл массăсен шалти тата тулашри тăшмансене хирĕç кĕрешес ĕçри сыхăлăхне ӳстерсе пырать.

Коммунистсен партийĕ тулашри политикăра çакăншăн тимлĕ тăрăшать: çĕнĕ вăрçă тухма памалла мар, пур çĕршывсемпе те мирлĕ пурăнмалла. Халăхсен аслă çĕнтерĕвне—мир, демократи тата социализм лагерьне сыхласа хăвармалла тата çирĕплетмелле, совет халăхĕпе ытти çĕршывсенчи ĕççыннисем хушшинчи çыхăнусене, аслă Китай халăхĕпе тата мĕнпур халăх демократи çĕршывĕсенчи ĕççыннисемпе никам аркатайми туслăхне тăтăшах çирĕплетсе пымалла. Çак ĕçе парти хăйĕн тивĕçĕ тесе шутлать.

Совет халăхĕ хăйĕн иксĕлми вăйĕсемпе пултарулăхне пĕр иккĕленмесĕр шанса тăрать. Вăл Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе хуçалăх тата культура строительствинче, хăйĕн социализмла Тăван çĕршывне малалла вăйлатас ĕçре çитĕнӳ хыççăн çитĕнӳ тăвать.

С. РОЗЫГРАЕВ.

# Çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн конференцийĕ

Пир-авăр, çĕвĕ-трикотаж, тир-сăран тата атă-пушмак, апат-çимĕç, пулă, сахăр, аш-какайпа сĕт-çу промышленноçĕнче ĕçлекен рабочисен профсоюз организацийĕсем пĕр профсоюза—çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзне пĕрлешнĕ. Çак кунсенче çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн республикăри пĕрремĕш конференцийĕ пулса иртрĕ.

Конференци икĕ ыйту сӳтсе яврĕ:

1. Чăваш АССР-ĕнчи çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнчи профсоюз организацийĕнче организацилле-массăлла ĕçе лайăхлатасси çинчен.

2. Профсоюзăн облаçри комитетне тата ревизи комиссине суйласси çинчен.

Пĕрремĕш ыйтупа çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнчи рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитет оргбюровĕн председателĕ Ягодкина юлташ доклад турĕ.

Пиллĕкмĕш пилĕкçуллăхра çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕ умĕнче тăракан задачăсем, министерство пысăкланни тата 7 профсоюз пĕрлешни профсоюз организацийĕсен ĕçне тĕпренех лайăхлатма хушаççĕ, тет докладчик.

Партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă решенисене пурнăçласа пынă май, Чăваш республикинчи çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕн хăшпĕр предприятийĕсем хăйсен ĕçне чылай лайăхлатнă. Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин предприятийĕсем 1953 çулхи пĕрремĕш çур çулхи плана 102,7 процент тултарнă.

Кунпа пĕрлех конференци ĕçри пысăк çитменлĕхсене палăртрĕ. Нумай профсоюз организацийĕсемпе предприяти руководителĕсем социализмла ăмăртăва çителĕксĕр ертсе пыраççĕ, шалти резервсемпе туллин усă курмалла тăвассишĕн кĕрешĕве пуçарса пымаççĕ. Çавна пула та ĕнтĕ республикăри çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕн 13 предприятийĕ 1953 çулхи ултă уйăхри плана тултарман.

Профсоюз организацийĕсен организацилле-массăлла ĕçĕ паянхи задачăсене тивĕçтереймест. Фабрикăсемпе заводсенчи тата вырăнти комитетсем профсоюз организацийĕсен йышне ӳстерес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçлеççĕ. Ку промышленноçри предприятисенче ĕçлекенсен 17 проценчĕ профсоюзра тăмасть.

Фабрикăсемпе заводсенчи тата вырăнти комитетсенчен нумайăшĕ актив çине таянса ĕçлемеççĕ, рабочисемпе служащисене профсоюз групписен тата комиссисен ĕçне хутшăнтарма тăрăшмаççĕ, профсоюз активисчĕсен опытне пĕтĕçтермеççĕ. Чылай предприятисемпе учрежденисенче («Заготскотăн» Сĕнтĕрти кантурĕнче, Улатăрти çу заводĕнче, Шупашкарти пир-авăр техникумĕнче) рабочисемпе служащисен пухăвĕсене сайра хутра çеç ирттереççĕ, критикăпа самокритикăна сарса ямаççĕ. Профсоюз организацийĕсен клубĕсемпе хĕрлĕ кĕтесĕсем тата библиотекисем хăйсен ĕçне производство ыйтăвĕсемпе тачă çыхăнтарса туманни те пысăк çитменлĕх пулса тăрать. Вĕсен Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене пропагандăлас тĕлĕшпе, социализмла ăмăрту мĕнле пынине çутатас, малта пыракан опыта сарас тĕлĕшпе ытларах тăрăшса ĕçлемелле.

Пĕрремĕш ыйту тăрăх пурĕ 12 çын тухса каларĕ. Тухса калакан юлташсем профсоюз организацийĕсен ĕçĕнчи ытти чылай çитменлĕхсене палăртрĕç.

Конференци çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнчи рабочисен республикăри профсоюз организацийĕсен ĕçне лайăхлатас, организацилле-массăлла ĕçе, социализмла ăмăртăва вăйлатас тĕлĕшпе тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

Çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçĕнчи рабочисен профсоюз обкомĕн председателĕ пулма А. С. Ягодкина юлташа, обком секретарĕ пулма С. А. Симонов юлташа çирĕплетнĕ.

„Коммунизм ялавĕ“ хаçатра çырнă хыççăн

## „Карăклăсем хатĕрленмеççĕ“

«Коммунизм ялавĕ» июнĕн 14-мĕшĕнче тухнă номерĕнче «Карăклăра хатĕрленмеççĕ» ятлă статья пичетленсе тухнăччĕ. Корреспондентсен рейд бригади критиклесе çырни Канаш районĕнчи Крупская ячĕпе тăракан колхоз председателĕн А. Тихонов юлташăн кăмăлне кайман пулмалла. Вăл хаçатра кăтартнă çитменлĕхсене хăвăртрах тӳрлетме тăрăшас вырăнне редакцине: «Эпĕ ку статьяна тĕрĕс мар тесе шутлатăп. Çавăнпа тепĕр хут тĕрĕслесе тухса хаçат урлă пĕлтерме ыйтатăп», тесе çырса ячĕ.

Çăмах та çук, хаçатра пичетленекен материалсем тĕрĕс пулмалла. Çавăнпа редакци Крупская ячĕпе тăракан колхоза ятарласа хăйĕн сотрудникне ярса, статьяра кăтартнă фактсене тепĕр хут тĕрĕслерĕ. Колхозра пулса тĕрĕсленĕ хыççăн вара Тихонов юлташ редакцине: «статьяра председатель правленине пырса курмасть тата витнĕ итем айне калча шăтса тухнă тени тĕрĕс мар. Колхоз тырпул пуçтарса кĕме çителĕксĕр хатĕрленет тесе çырни тĕрĕсех», тесе çырса пĕлтерчĕ.

Статья пичетленсе тухнăранпа пĕр уйăх ытла иртрĕ. Халĕ тырпул пуçтарса кĕме тытăнчĕç. Апла пулсан та Крупская ячĕпе тăракан колхозра ăнса пулнă тырпула пуçтарса кĕме çителĕксĕр хатĕрленчĕç.

Колхозăн тырпул пуçтарса кĕмелли машинăсем ытла нумаях мар. Анчах вĕсене те пулин юсаса, ĕçлеме юрăхлă туман. Çăмахран, икĕ молотилкăран пĕрне те юсама тытăнман. Çавăн пекех жнейкăна та юсаса пĕтермен. Веялкăсемпе сортировкăсене кăшт юсасанах ĕçе юрăхлă тума пулать. Тихонов юлташ, «ку веялкăсене списать тунă пирки юсаттармастпăр» тесе, вĕсене юсама тытăнманнине пытарасшăн.

Хаçатра пичетленекен материалсен витĕмлĕхĕшĕн мĕнпур общественность кĕрешмелле. Тихонов юлташăн хаçатра хăй ертсе пыракан колхозри çитменлĕхсем çинчен çырнине вуласан, колхозниксене çийĕнчех вăл йĕркесĕрлĕхсене пĕтерме мобилизацилемелле пулнă. Анчах вăл критикăна юратмасть. Критикăна юратман пирки, палăртнă çитменлĕхсене вăхăтра пĕтерме тăрăшмасть.

Колхозри парти организацин те хаçатра палăртнă çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мера йышăнмалла пулнă. Апла пулсан та колхозри коммунистсем ку тĕлĕшпе нимĕн те туман. Парти организацийĕ хăй те тырпул пуçтарса кĕнĕ вăхăтра тумалли ĕçсен планне хатĕрлесе çитермен.

Районти организацисен те корреспондентсен рейчĕ кăтартса панă çитменлĕхсене пĕтерме пулăшассинчен аякра пăрăнса тăмалла пулман. Крупская ячĕпе тăракан колхоз районта каярах юлса пыракан хуçалăх шутланать. Анчах статья пичетленсе тухиччен те, пичетленнĕ хыççăн та никам та колхоза кайса тырпул пуçтарса кĕме мĕнле хатĕрленнипе интересленекен пулман.

Ку ĕнтĕ районти организацисем хаçатра критиклесе çырнă материалсем çине çиелтен пăхнине, вĕсенче кăтартнă çитменлĕхсене пĕтерме тăрăшманнине кăтартать.

П. ЩИПЦОВ.
(Хамăр корр.).

Юлашки почтăран

## Редакцири плагиатсем

Июнĕн 28-мĕшĕнче Советски районĕнчи «Совет ялавĕ» хаçатра «Утă çулас тата силос хывас ĕçсене вăраха ямалла мар» ятлă умстатья пичетленнĕ. Çак ыйтупах июлĕн 5-мĕшĕнче Сĕнтĕр районĕнчи «Ĕç ялавĕ» хаçатра та умстатья пичетленĕ.

Сĕнтĕрпе Советски районĕсем—кӳршĕллĕ районсем. Анчах асăннă районсенчи колхозсенче выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçре хăшпĕр уйрăмлăхсем пур. «Ĕç ялавĕ» хаçат вара, çак уйрăмлăхсене кăтартмасăр, Советски районĕнчи хаçат умстатьине кăшт-кăшт улăштарса кăна пичетленĕ. Тĕпрен илсен, статья пĕтĕмпех «Совет ялавĕ» хаçатри пек пулса тухнă.

«Совет ялавĕ» хаçатра:

«Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçĕн ответлă тапхăрĕ пуçланчĕ. Районти колхозсем утă çулма пуçларĕç, выльăхсене валли витаминлă тата çулçăллă апат хатĕрлеççĕ».

«Ĕç ялавĕ» хаçатра:

«Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçĕн ответлă тапхăрĕ пуçланчĕ. Районти колхозсем утă çулма пуçларĕç, выльăхсем валли витаминлă тата çулçăллă апат хатĕрлеççĕ».

«Ĕç ялавĕ» хаçатра «Совет ялавĕнчен» пĕр улăштармасăр çырса илнĕ вырăнсем татах пур.

«Совет ялавĕ» хаçатра июнĕн 11-мĕшĕнче «Пыл хурчĕсем ĕрчетес ĕçе лайăхлатар» ятлă статья пичетленнĕ. Унта çапла каланă:

«Пирĕн районта 25 колхозра пыл хурчĕсем усраççĕ. Çак ĕçре малта пыракан колхозсем хурт-хăмăр усраса çулсеренех пысăк тупăш—пыл тата ăвăс нумай пухса илеççĕ. Анчах пыл хурчĕсен усси кунпа çеç пĕтмест. Вĕсем хĕреслĕ майпа пĕтĕçленекен чылай ӳсентăрансене: хуратулпа клевера, хĕвелçаврăнăшне, люцернăна тата пахча çимĕçе, çавăн пекех улма-çырла йывăççĕсене шăркалантарма пулăшаççĕ. Çапла вара, ялхуçалăхĕнче культурăлла ӳсентăрансен тухăçлăхне ӳстерме пулăшса, хурт-хăмăр пысăк усă парать».

Нумаях та пулмасть «Ĕç ялавĕ» хаçат та çак ыйтăва çутатма шут тытнă. Унта эпир çак сăмахсене вулатпăр:

«Районти хăшпĕр колхозсем хурт-хăмăр усраса çулсеренех пысăк тупăш—пыл тата ăвăс нумай пухса илеççĕ. Анчах пыл хурчĕсен усси кунпа çеç пĕтмест. Вĕсем хĕреслĕ майпа пĕтĕçленекен чылай ӳсентăрансене: хуратулпа клевера, хĕвелçаврăнăшне, люцернăна çавăн пекех улма-çырла йывăççĕсене те шăркалантарма пулăшаççĕ. Çапла вара, ялхуçалăхĕнче культурăлла ӳсентăрансен тухăçлăхне ӳстерме пулăшса, хурт-хăмăр пысăк усă парать».

Ытла та ансат меслет!

«Ĕç ялавĕ» хаçатăн кăлтăкĕсене хаçатсенче чылай кăтартса панă. Хаçат редакцийĕ çапах та çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерме тăрăшмасть.

# Ялти клубăн паянхи ĕçĕсем

(Чурачăк районĕнчи Шуркасси ялĕнчи клуб заведующийĕ М. Николаев юлташ каласа пани)

Колхозлă ялăн ĕççыннисене партин XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историлле решенисене ăнлантарса парас тата çав решенисене пурнăçлама мобилизацилес ĕçре ялти клубсемпе вулав çурчĕсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Çак тĕлĕшпе эпир кăçал чылай ĕçсем туса ирттертĕмĕр. Кăçалхи çур çул хушшинче эпир, сăмахран, ялти ĕççыннисене 63 хутчен тĕрлĕрен лекцисемпе докладсем туса патăмăр.

Кунсăр пуçне клуб çумĕнчи художествăлла пултарулăх кружокĕсен вăйĕпе колхозниксемпе колхозницăсене 9 концерт, 19 спектакль лартса панă. Вулав çуртĕнчи «Çĕнтерӳ ялавĕ» хаçата 8 номер кăларнă. Клубра çĕнĕ хаçат-журналсем вулас, радио итлес, калаçусем ирттерес ĕçе кашни кун туса пыратпăр. Ял Совечĕ пулăшнипе клубри библиотекăра кĕнекесен шучĕ çулленех ӳссе пырать. Кăçал кăна эпир библиотека валли 300 тенкĕлĕх ытла çĕнĕ кĕнекесем туянтăмăр. Библиотекăран кĕнеке илсе вулакансен шучĕ 200 çынран чылай иртсе кайрĕ.

Эпир кăçал тунă пархатарлă ĕçсенчен пĕри вăл—юрă праçникне лайăх хатĕрленсе ирттерни пулать. Çак тĕлĕшпе пирĕн 62 çынран тăракан коллектив районти юрă праçникĕнче Хисеплĕ грамота илме тивĕçлĕ пулчĕ. Коллективăн нумай участникĕсем республикăри юрă праçникне кайса килчĕç, унта тĕрлĕ çĕрте концертсем пачĕç.

Халĕ пирĕн колхозлă ялăн ĕçченĕсем умĕнче тырпула уй-хиртен пуçтарса кĕртес тата государствăна ялхуçалăх продукчĕсем хатĕрлесе парас задача тăрать. Çак питех те пысăк тата хисеплĕ задачăсене чыслăн пурнăçласа пырас ĕçре колхозниксемпе колхозницăсене вулав çурчĕсемпе клубсем те куллен пулăшса пыма тивĕçлĕ.

Пирĕн ял Советĕнчи Ворошилов ячĕпе тăракан, «Большевик» тата Сталин ячĕпе тăракан колхозсем уй-хирти тырпулсене пуçтарса кĕртме малтанах пур енчен те тĕплĕн хатĕрленсе çитрĕç. Вĕсем халĕ кĕрхи тырăсене 8—10 кун хушшинче, çурхи тырăсене 12—15 кун хушшинче вырса пĕтерессишĕн, государствăна тырă памалли плана сентябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн, уй-хирти мĕнпур ĕçсене вара ноябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне вĕçлесе çитерессишĕн кĕрешеççĕ. Пирĕн задача—колхозниксен хĕрӳллĕ ĕç вăхăтĕнчи культурăллă канăвне лайăх организацилесси, вĕсене хăйсем çине илнĕ обязательствăсене пурнăçлама куллен пулăшасси пулать.

Партин XIX-мĕш съезчĕ ялхуçалăх тĕлĕшпе йышăннă решенисене колхозниксемпе колхозницăсене анлăн ăнлантарса парас тата вĕсене çав решенисене пурнăçлама мобилизацилес ĕçе эпир тĕп вырăна хуратпăр. Çакна майăн вара колхозниксем хушшинче лекцисемпе докладсем ирттерес ĕçе малалла татах та вăйлатма палăртрăмăр. Хĕрӳллĕ ĕçсем пынă вăхăтра колхозниксем ĕçленĕ çĕрте пулса «Коммунистсен партийĕ—совет халăхĕн çул кăтартса ертсе пыракан вăйĕ», «Пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план—пирĕн çĕршыв социализмран коммунизм патне пымалли çул çинчи çĕнĕ пысăк утăм», «Совет çыннин ырлăхĕшĕн, совет халăхĕн пурнăçне лайăхлатассишĕн ывăнма пĕлмесĕр тăрăшасси—Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн чи аслă законĕ», «Халăхсем миршĕн кĕрешни», «Ялхуçалăх артелĕн Уставĕ—колхоз пурнăçĕн тĕп законĕ», «Тырпула кĕске срокра тата тăкаламасăр пухса кĕртесси—ялхуçалăх работникĕсен чи пысăк задачи», «Тырпул хатĕрлемелли плана вăхăтра тултарасси — колхоз хресченĕсен пĕрремĕш тивĕçĕ», «Ялхуçалăхĕнче малта пыракансен опычĕпе анлăн усă курар» тата ытти темăсем тăрăх—пурĕ 17 докладсем, калаçусем ирттеретпĕр. Халĕ кашни колхозра, кашни бригадăра агитаторсем уйăрса çирĕплетнĕ. Çавăн пекех кашни колхозра стена хаçачĕсем, кашни бригадăра боевой листоксем тухаççĕ.

Агитаторсем пулма коммунистсемпе комсомолецсене, ĕçре лайăх тĕслĕхсем кăтартакан колхозниксемпе колхозницăсене, учительсене, агрономсемпе зоотехниксене, медицина работникĕсене тата ытти пултарулла çынсене çирĕплетнĕ. Кунсăр пуçне клуб çумĕнче 10 çынран агиткультбригада, ял Советĕнчи 2 колхозра куçса çӳрекен библиотекăсем организацилетпĕр. Радио итлес ĕçе кашни колхозрах уйра ĕçлекенсем патĕнче йĕркелетпĕр. Çавăн пекех çĕнĕ хаçат-журналсене кашни кун уйра е итем çинче ĕçлекенсем патне илсе тухатпăр. Кашни эрнере пĕрре кино кăтартма палăртнă. Ял Советĕнчи виçĕ колхозра та «Çисĕм» хаçат кăларас ĕçе, Кăтарту тата Хисеп хăмисем организацилетпĕр. Колхозсемпе бригадăсем хушшинчи социализмла ăмăрту договорĕсене мĕнле пурнăçласа пынине куллен тĕрĕслесе, колхозниксене пĕлтерсе тăратпăр.

Пирĕн ял Советĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем ялхуçалăх ĕçĕсене иртнĕ çулта та вăхăтра тата кăтартуллă туса пычĕç. Вĕсем кăçал та хăйсен обязательствисене чыслăн пурнăçласа кĕртĕç. Çак ĕçре эпир вĕсене мĕнпур майпа пулăшатпăр.

## Вĕренӳ çулне хатĕрленес ыйту парти райкомĕн пленумĕнче

СĔНТĔР. КПСС райкомĕн черетлĕ пленумĕ районти шкулсенче çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленес ĕç мĕнле пыни çинчен райсовет исполкомĕн председателĕ И. Петров юлташ тунă доклада итлесе сӳтсе яврĕ.

Иртнĕ вĕренӳ çулĕнче районти шкулсенче пĕтĕм вĕренекенсенчен 23 проценчĕ вĕренӳре ăнăçлă пырайман, вĕркуннепе тепĕр хут экзамен тытма хăварнă ачасем—15,8 процент, пĕр класрах иккĕмĕш çул вĕренме хăварнă ачасем нумай.

Çакă вăл, пĕр енчен, хăшпĕр учительсем хăйсен ĕçне ячĕшĕн кăна туса пынине кăтартса парать. Тепĕр енчен, шкулсене вĕренӳ çулне тивĕçлипе хатĕрлемен; вĕренӳпе воспитани ĕçне кирлĕ пек туса пыма май паман.

Прениpe тухса каланă юлташсем районти çутĕç пайĕ шкулсене çителĕксĕр ертсе пынине палăртрĕç, çитменлĕхсене хытă критиклерĕç.

Çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленес тĕлĕшпе районти парторганизаци, райçутĕç пайĕ тата ял Совечĕсемпе шкулсем умĕнче тăракан задачăсене палăртса, пленум тивĕçлĕ решени йышăнчĕ.

# Колхозниксемпе механизаторсем! Тырпула кĕске вăхăтра тата тăккаламасăр пухса кĕртессишĕн социализмла ăмăртса ĕçлессине вăйлатар!

★ ★ ★ ★

## Комбайнпа тырă выраççĕ

ПЕРВОМАЙСКИ, июлĕн 23-мĕшĕ. (Телефонпа). «Путь социализма» колхоз членĕсем 346 гектар çинчи ырашпа 8 кун хушшинче пухса кĕртессишĕн тăрăшаççĕ. Паян артель уй-хирĕсенче самоходнăй комбайн тата виçĕ жнейка ĕçлеççĕ. Комбайнпа Иванов юлташ ĕçлет, вăл çак сезонта колхоза 400 гектартан кая мар тырă вырса парассишĕн кĕрешет.

Колхозра столовăй тата ача ясли организациленĕ. Авăн çапас ĕçе пĕтĕмпех механизациленĕ.

Районти Шверник ячĕпе тăракан, «Комсомолец» тата ытти колхозсенче те ыраш вырас ĕç ăнăçлă пырать.

А. ТУНМАКОВ.

## Хĕрÿллĕ ĕç пуçланчĕ

Пирĕн «Красное Сормово» колхозра уй-хир бригадисем саккăр, вĕсем тырпул пухса кĕртме тĕплĕн хатĕрленчĕç, мĕн кирлине пурне те вăхăтра турĕç. Халĕ пур бригадăсем те ыраш выраççĕ. Уй-хирте кунсеренех 400 çын ĕçлет. Кашни колхозникпа колхозница нормăна иртерсе тултарассишĕн, тырпула тăккаламасăр вырассишĕн пĕр-пĕринпе ăмăртса ĕçлеççĕ. А. Гаврилова, Л. Мыслова, Т. Игнатьева тата ытти нумай колхозницăсем кулленхи ĕç нормине 120—140 процент тултараççĕ. Ку таранччен 100 гектар ытла ыраш вырнă ĕнтĕ.

Бригадăсенче агитаторсем политикăлла-массăлла ĕçе анлăн туса пыраççĕ, боевой листоксем кăлараççĕ. Колхозра «Сормовец» стена хаçачĕ тухса тăрать. Вĕсем пурте колхозниксене хастарлăрах ĕçлеме хавхалантараççĕ.

Паян-ыран колхоз уй-хирĕсенче комбайн кĕрлеме тытăнать, авăн çапас ĕç пуçланать. Кашни бригада валли витнĕ итем пур.

Кашни ĕçĕн—хăйĕн вăхăчĕ. Пирĕн колхоз членĕсем пур ĕçсене те вăхăтра тума юратаççĕ. Тырă вырма тухиччен утă çулса пуçтарнă, 460 тонна силос хывса плана 80 процент ытла тултарнă. Халĕ пĕтĕм колхоз хĕрÿллĕ ĕçре тухăçлă тырпулшăн кĕрешет.

Н. ВАСИЛЬЕВ,
колхоз бухгалтерĕ.

Муркаш районĕ.

### ЧĂВАШ АССР-ĕнчи МТС-сем КОМБАЙНСЕМ ТАТА МОЛОТИЛКĂСЕМ ЮСАНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Июлĕн 20-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| МТС-сем | Комбайнсем | Молотилкăсем |
|---|---|---|
| Пăрачкав | 100 | 100 |
| Чурачăк | 100 | 100 |
| Первомайски | 100 | 57 |
| Йĕпреç | 100 | 75 |
| Советски | 100 | — |
| Муркаш | 100 | 67 |
| Елчĕк | 95 | 78 |
| Сĕнтĕр | 93 | 65 |
| Канаш | 93 | 64 |
| Çĕмĕрле | 91 | 50 |
| Йĕшлей | 90 | 67 |
| Кувакино | 90 | — |
| Сиява | 90 | 57 |
| Шупашкар | 90 | 41 |
| Улатăр | 90 | 54 |
| Калинино | 87 | 71 |
| Красноармейски | 84 | 88 |
| Сĕнтĕрвăрри | 83 | — |
| Çĕрпÿ | 83 | 43 |
| Сурмайдан | 82 | — |
| Етĕрне | 80 | 54 |
| Чкаловски | 79 | 86 |
| Вăрнар | 78 | 92 |
| Шăмăршă | 75 | 36 |
| Шăхасан | 75 | 60 |
| Хĕрлĕ Чутай | 71 | 93 |
| Октябрьски | 70 | 33 |
| Элĕк | 67 | 100 |
| Тăвай | 65 | 50 |
| Комсомольски | 64 | 83 |
| Вăрмар | 63 | 57 |
| Куславкка | 50 | 50 |

## Виçĕ республика ăмăртăвĕ

Колхозсемпе МТС-сем ялхуçалăх ĕçĕсен планне июлĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарнă:
(процентпа)

| | Мордва АССР-ĕ | Мари АССР-ĕ | Чăваш АССР-ĕ |
|---|---|---|---|
| Çаран утти çулнă | 101,7 | 92,2 | 93,0 |
| Акнă курăксем çулнă | 32,1 | 59,1 | 58,1 |
| Силос хывнă | 36,9 | 32,3 | 19,7 |
| Çĕртме сухине культиваци тунă | 84,4 | 71,0 | 82,8 |
| Çĕрулми кăпкалатнă | 89,6 | 86,9 | 98,8 |
| Пахча çимĕçсене çумкурăксенчен тасатнă | 66,2 | 84,5 | 95,0 |
| Махорка кăпкалатнă | 89,6 | — | 87,4 |
| Тымарçимĕçсене кăпкалатнă | 40,7 | 33,1 | 66,6 |
| Тислĕк кăларнă (çулталăкри планран) | 56,4 | 68,3 | 78,6 |
| Комбайнсем юсанă | 80,0 | 101,8 | 82,6 |
| Молотилкăсем —»— | 24,5 | 50,4 | 60,2 |
| Тракторсемпе тумалли ĕçсен çулталăкри планне тултарнă | 46,2 | 44,9 | 43,6 |

## АВĂН ÇАПАС ĔÇЕ МЕХАНИЗАЦИЛЕНĔ

ПĂРАЧКАВ. Максим Горький ячĕпе тăракан колхоз уй-хирĕсенче хĕрÿ ĕç пырать. Колхозниксем ыраш выраççĕ, часах вырнă тырра итемсем çине турттарма тытăнаççĕ.

Колхозра кăçал авăн çапас ĕçе механизацилеççĕ. Нумаях пулмасть, ялхуçалăх артелĕн итемĕ çине авăн çапмалли тата тырă тасатмалли механизмсем вырнаçтарса лартнă. Вĕсене электричествăпа ĕçлеттермелле тунă.

В. ТОНЫШЕВ.

## *Республика уй-хирĕсенче*

КОМСОМОЛЬСКИ, июлĕн 22-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти «Заветы Ильича» тата «Алга» колхозсем виççĕмĕш кун ыраш выраççĕ. Паян «Гигант», Ворошилов ячĕпе, Мичурин ячĕпе тăракан тата ытти колхозсенчи бригадăсем те ыраш вырма тухрĕç.

Уй-хир ĕçĕсене уйрăмах «Заветы Ильича» колхозра лайăх организациленĕ. Колхозниксемпе колхозницăсем малтанхи кунах 50 гектар ыраш вырнă. Кам мĕн чухлĕ вырнине бригадирсем тĕрĕс шута илсе пыраççĕ. Уйра ĕçлекенсен ачисем валли икĕ ясли уçнă.

Л. ТАЛЛЕРОВ.
Н. КВАСОВ.

ТĂВАЙ. (Телефонпа). Районти «25 лет Октября», «Социализм», Ленин ячĕпе, Маленков ячĕпе тăракан, «Сталь» колхозсенче ыраш вырас ĕç хĕрсе пырать. Уй-хирсенче жнейкăсем ĕçлеççĕ.

Паян-ыран пур колхозсем те тырпул пухса кĕртме массăллăн тухаççĕ.

Б. МИХАЙЛОВ.

ÇĔРПӲ, июлĕн 23-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти чылай колхозсем ыраш вырма тытăнчĕç. Кĕрхи тырăсене пухса кĕртес ĕçе уйрăмах Сталин ячĕпе тăракан, «1905 год», «Память Ленина» колхозсенче хăвăрт туса пыраççĕ. «1905 год» колхозра 4 жнейкăпа тырă выраççĕ.

«Богатырь» ялхуçалăх артелĕн уй-хирĕсенче комбайн ĕçлеме тытăнчĕ.

Х. ЛИСИН.

## Вăрлăхлăх курăксене çулса пухаççĕ

УЛАТĂР. «Победа» колхоз çулсеренех нумай çул ÿсекен курăксен вăрлăхĕсене вуншар центнер туса илет, вĕсене государствăна парса пысăк тупăш курать.

Кăçал колхоз уй-хирĕсенче нумай çул ÿсекен «овсяница луговая» курăк пуринчен малтан пулса çитнĕ. Ăна вăрлăхлăх 8 гектар хăварнă пулнă. Колхозниксем ăна пĕр кун хушшинчех пухса кĕртнĕ.

Н. КОЛЕСОВ.

## Ыраш пулса çитнĕ, ăна вырма васкамаççĕ

КӲКЕÇ, июлĕн 23-мĕшĕ. (Телефонпа). Районти «Дружба», «Память Ленина», Каганович ячĕпе, Буденный ячĕпе, Водопьянов ячĕпе тăракан колхозсенче—пурĕ 8 колхозра пулса çитнĕ ыраша суйласа выраççĕ.

Анчах та тырă вырас ĕç пур колхозсенче те кирлĕ пек хăвăрт сарăлса пымасть-ха. «Красный герой» колхозра нумай участоксем çинче ыраш пулса çитнĕ, çапах та кунта ăна вырма васкамаççĕ.

Мĕнпур лаптăкра ыраш пулса çитессине кĕтсе тăмалла мар. Ăнса пулнă тырпула хăвăрт тата пĕр тăккаламасăр пухса кĕртмелле.

П. ЕФРЕМОВ.

### ЧĂВАШ АССР-ĕнчи КОЛХОЗСЕНЧЕ ВЫЛЬĂХ АПАЧĔ ХАТĔРЛЕС ĔÇ МĔНЛЕ ПЫНИНЕ КĂТАРТАКАН СВОДКА

Июлĕн 20-мĕшĕ тĕлне (процентпа)

| Районсем | Силос хывнă | Акнă курăксем çулнă | Çаран утти çулнă |
|---|---|---|---|
| Муркаш | 39 | 65 | 100 |
| Шупашкар | 35 | 58 | 93 |
| Калинино | 32 | 65 | 86 |
| Красноармейски | 27 | 76 | 95 |
| Комсомольски | 26 | 71 | 90 |
| Йĕпреç | 26 | 50 | 100 |
| Пăрачкав | 26 | 55 | 94 |
| Шăхасан | 26 | 76 | 98 |
| Çĕмĕрле | 26 | 41 | 98 |
| Вăрнар | 25 | 70 | 96 |
| Чкаловски | 25 | 68 | 75 |
| Вăрмар | 23 | 44 | 87 |
| Çĕрпÿ | 20 | 62 | 70 |
| Сĕнтĕр | 20 | 63 | 107 |
| Йĕшлей | 19 | 47 | 96 |
| Октябрьски | 17 | 47 | 92 |
| Елчĕк | 17 | 31 | 100 |
| Кувакино | 16 | 63 | 155 |
| Первомайски | 16 | 71 | 80 |
| Етĕрне | 16 | 82 | 101 |
| Советски | 16 | 74 | 113 |
| Улатăр | 14 | 52 | 71 |
| Куславкка | 14 | 83 | 99 |
| Чурачăк | 14 | 66 | 102 |
| Канаш | 12 | 37 | 103 |
| Сĕнтĕрвăрри | 11 | 68 | 82 |
| Тăвай | 11 | 41 | 106 |
| Элĕк | 7 | 69 | 100 |
| Шăмăршă | 5 | 39 | 92 |
| Хĕрлĕ Чутай | 3 | 58 | 97 |

## Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçе оперативлă ертсе пыни кирлĕ

Выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхне ÿстерес ĕçри ăнăçлăха татса паракан майсенчен пĕри вăл выльăх апачĕн çирĕп никĕсне хывса хăварни пулать. Çакна Вăрнар районĕнчи чылай колхозсем лайăх ăнланаççĕ, çавăнпа выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрлеме тăрăшаççĕ. Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз выльăх апачĕ нумай хатĕрлеме тăрăшать, ку тĕлĕшпе тĕрлĕрен питĕ паха майсем шыраса тупать. Колхозăн улăх-çаран утисем, тымарçимĕçсем çителĕклĕ пулин те, кăçал кунта çĕртме пуссине планран иртересе 200 гектар ытла çĕрулми лартса хăварнă. Ку вăл выльăх апачĕн никĕсне татах та çирĕплетме пулăшать. Халĕ колхозăн çĕрулми вăйлă çитĕнет, ăна иккĕмĕш хут купаласа пĕтереççĕ.

Жданов ячĕпе тăракан колхоз та общественлă выльăх-чĕрлĕх валли апат çителĕклĕ таран хатĕрлеме тăрăшать. Выльăх апачĕ акса тумалли пусă çаврăнăшне йĕркелесе çитернĕ. Выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе ĕçлевен бригада (бригадирĕ А. Степанов юлташ) кăçал 12 гектар çинче кашни гектартан 500 центнертан кая мар выльăх кăшманĕ туса илме ĕмĕтленет. Бригада членĕсем силос хывмалли плана тултарнă, пурĕ 340 тонна ытла силос хывнă, 50 лав сухăçлă апат тата армути, вĕлтрен те чылай типĕтсе хатĕрленĕ. Киров ячĕпе тăракан колхоз выльăх апачĕ тумалли культурăсем акакан çĕр лаптăкне ÿстересех пырать. Пĕлтĕр 272 гектар çинчен утă пухса илнĕ пулсан, кăçал вăл çĕр лаптăкне 434 гектара çити ÿстернĕ. Вăл шутран çулмалли нумай çул ÿсекен курăксем йышăнакан лаптăк пĕлтĕр 94 гектар пулнă, кăçал вара вăл икĕ хут пысăкрах. Кунта кăçал курăксем вăйлă çитĕннĕ, кашни гектартан 40—50 центнер утă çулса илеççĕ. Пĕлтĕрхипе танлаштарсан, кăçал колхозăн утă тухăçлăхĕ виçĕ хута яхăн ÿсет. Хрущев ячĕпе, Чапаев ячĕпе тăракан тата ытти хăшпĕр колхозсенче те выльăх апачĕ çителĕклĕ хатĕрлессишĕн куллен тăрăшаççĕ.

Анчах та районти чылай колхозсем выльăх апачĕн çирĕп никĕсне хывса хăварма тăрăшмаççĕ. Çавна пула та вара хĕллехи вăхăтра выльăхсене тĕрлĕ йышши апатсемпе тăрантарса усраймаççĕ, хăшпĕр колхозсенче тата апат çитменнине пула выльăхсен шучĕ чакни те пулкаланă. Сăмахран, «Память Ленина», «1-ое Мая», «Гигант», «Большевик» колхозсенче хĕлле валли апат çителĕклĕ хатĕрлемеççĕ. Вĕсенче кăçал та иртнĕ çулсенчи йăнăшсенех тăваççĕ. Утă çулас тата силос хывас ĕçсене питĕ вăраххăн туса пыраççĕ, витаминлă апатсем хатĕрлеме шутламаççĕ те. Каганович ячĕпе тăракан колхоз çак тарана çитсе те çаран утине те, акнă курăксене те çулса пĕтермен. Колхоз силос хывма тытăнман та. «Победа» колхоз та утă çулса пухас, силос хывас ĕçсене калама çук вăраххăн туса пырать.

Районти колхозсен кăçал 5.700 гектара яхăн утă çулса пухмалла, 7.000 тонна силос хывса хăвармалла. Район июлĕн 20-мĕшĕ тĕлне пĕтĕмпе те 4.658 гектара яхăн утă çулнă, вăл шутран 3.368 гектар çинчи утта кăна пухса капана хывнă. Силос хывас ĕç пушшех начар. Июлĕн 20-мĕшĕ тĕлне 1.749 тонна силос кăна хывса хăварнă. Утă çулса пухмалли тата силос хывмалли графика районти чылай колхозсем пурнăçласа пымаççĕ. Çакă вăл, чи малтан, районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕ (начальникĕ Я. Семьянов юлташ) оперативлă ертсе пыманнинчен килет. Ялхуçалăх специалисчĕсем колхозсенче сайра хутра кăна пулаççĕ. Вĕсем колхозсенче пулсан та колхозсен руководителĕсен выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçри ответлăхне ÿстерме тăрăшмаççĕ. Вĕсем пĕр-пĕр колхоз правленийĕнче пулаççĕ те, хăйсене кирлĕ сведенисем пухса, тепĕр колхоза тухса каяççĕ. Специалистсен вырăнĕ колхозсенче пулмалла. Анчах та вĕсем кантурта ларса, телефон тăрăх калаçнипе кăна ĕçе ертсе пырасшăн. Ленин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ И. Романов юлташ темиçе канашлура та ĕнтĕ ялхуçалăх специалисчĕсем колхозсенче пулманни çинчен калать.

— Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçе,—тет вăл,—ялхуçалăх специалисчĕсем пачах ертсе пымаççĕ, ку ĕçе мĕнле тумаллине вĕрентмеççĕ. Сăмахран, утă çумăр айне пулнă, ăна хăвăртрах пухса купалама тивет. Чĕрĕрех утта тăвар сапса купаласси çинчен вĕрентмеççĕ.

Районти ялхуçалăхĕпе хатĕрлев управленийĕн выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçри çитменлĕхсене халех пĕтермелле, утă çулас ĕçе паян-ыран вĕçлесе çитерессишĕн, силос хывмалли плана хăвăртрах тултарассишĕн кĕрешмелле.

С. ФЕДОТОВ.

# Н. Г. Чернышевский

*(Çуралнăранпа 125 çул çитнĕ тĕле)*

Паян революцилле аслă демократ, выдающийся хĕрÿллĕ патриочĕ Николай Гаврилович Чернышевский çуралнăранпа (1828—1889 ç. ç.) 125 çул тултарать.

Чернышевскин мухтавлă ятне совет çыннисем яланах ăшшăн асăнса пурăнаççĕ. Чернышевскине Маркспа Энгельс пысăка хурса хакланă, унăн ĕçĕсене В. И. Ленин пĕр хутчен çеç мар асăннă. И. В. Сталин унăн ятне аслă вырăс нацин чи лайăх представителĕсен ячĕсемпе пĕрле асăннă. Чернышевский — пĕтĕм тĕнчипе мухтава тухнă çын.

Чернышевскин мировоззренийĕ XIX-мĕш ĕмĕрĕн варринче, вырăс халăх пурнăçĕн социалла-политикăлла лару-тăрăвĕ çивĕч пулнă вăхăтра йĕркеленнĕ. Крепостной йĕрке нумай çулсем хушши пусмăрласа тăни тата алхасни хресченсен курайманлăхне ÿстерсе пынă, вĕсем пусмăрçăсене — помещиксемпе патша чиновникĕсене чун-чĕререн курайми пулнă. 1853—1856 çулсенче Россия Крым вăрçинче поражени тÿснĕ хыççăн, çав курайманлăх татах та вăйланнă. Вăрçăра поражени тÿсни крепостной Россия экономикăпа политика аталанăвĕ тĕлĕшпе кая юлнинчен килнĕ, çав вăрçă самодержавин полицилле режимĕ пĕтĕмпех çĕрсе кайнине, вăл ниме юрăхсăррине кăтартса панă. 50-мĕш çулсем вĕçĕнче тата 60-мĕш çулсем пуçламăшĕнче çĕршывăн тĕрлĕ вырăнĕсенче хресченсен пăлхавĕсем нумай пулнă, вĕсем самодержавин крепостной стройне хытă кисретнĕ.

Чернышевский ирĕк пурнăçа юратакан Атăл тăрăхĕнче ÿссе çитĕннĕ, вăл пусмăрти массăсем ирĕке тухасшăн хĕрÿллĕн туртăннине, вĕсен эксплуататорсене хирĕç пыракан революцилле тарăхăвне, вĕсем ирĕклĕ, телейлĕ пурнăçшăн çуннине ачаран пуçласах кăмăлласа ÿснĕ. Халăхпа çывăх тăни, малта тăракан вырăс литературин ирĕклĕхе юратакан традицийĕсем ăна хĕрÿллĕ боец пулма, утмăлмĕш çулсенчи революционер-демократсен руководителĕ пулма май панă.

Чернышевский питĕ нумай пĕлекен, нумай енлĕ интерессемпе пурăнакан çын пулнă. Вăл философире те, политикăлла экономире те, историлле ыйтусене татса парас тĕлĕшпе те, эстетикăра та, илемлĕ литературăра та, воспитани ыйтăвĕсем енĕпе те малалла питĕ пысăк утăм тунă. Анчах та, чи малтан, вăл политикăлла деятель-революционер пулнă; наукăпа искусствăна вăл политикăлла çивĕч задачăсене татса пама пулăшакан майсем пулса тăраççĕ тесе шутланă. Çĕршыв революци умĕнхи кунсенче пурăннине Чернышевский витĕр курса тăнă, революци пуçланса кайтăр тесе, вăл пĕтĕм вăйне парса тăрăшнă.

Иртнĕ ĕмĕрти 50—60-мĕш çулсенче Российăра общественлă хутшăнусем аталанса çитмен пирки Чернышевский çакна курман тата курма та пултарайман: «капитализм тата пролетариат аталанни кăна социализма пурнăçламалли материальнăй условисемпе общественлă вăя туса хума пултарать» (В. И. Ленин. Соч., 17 т., 97 стр.). Чернышевский революцин тĕп вăйĕ тесе хресченсене шутланă. Вăл наукăлла социализм патне çитеймен, анчах социал-утопистсенчен — Сен-Симонран, Фурьерен, Оуэнран нумай мала иртсе кайнă. Вăл пĕрмаях массăсене революциллĕ кĕрешĕве хăюллăн çĕкленме чĕннĕ.

Мировоззренире революцилле никĕс тĕп вырăн йышăнса тăни Чернышевскине хăй вăхăтĕнчи питĕ кирлĕ проблемăсене ăнăçлăн татса пама май панă. Вăл вырăссен материалистла шухăшлавне пуçарса яракан аслă çынсенчен пĕри пулнă, вăл кирек мĕнле идеализмăн класла пĕлтерĕшне те тарăн ăнланса илнĕ. Идеализмăн тĕп тĕллевĕ вăл массăсен активлăхне пÿлсе тăрасси пулать, çакна вăл эпир туйса тăракан тĕнчесĕр пуçне урăх тĕнче пуррине йышăнтарнипе тума тăрăшать. Çав тĕнче вара чăн-чăн пурнăçăн чухăнлăхĕнчен сÿлерех тăрать имĕш. В. И. Ленин çапла палăртнă: Чернышевский «чăнахах та пĕртен-пĕр аслă вырăс писателĕ, вăл 50-мĕш çулсенчен пуçласа 88-мĕш çула çитиччĕнех пĕр тĕллевпе çирĕп философилле материализмăн шайĕнче юлма пултарнă» (В. И. Ленин. Соч., 14 т., 346 стр.). Аслă революционер-демократ Фейербах материализмĕ пассивлă пулнине те ăнланса илнĕ, хăйĕн материализмне ĕçсынни интересĕсемшĕн активлăн та çивĕччĕн кĕрешмелли хĕçпăшал туса хунă.

Чернышевский пурăннă вăхăтрах расăлла теорисем саралма пуçланисем сиснĕ. Вĕсен пÿтсĕрлĕхне вăл ун чухнех кăтартса панă, вĕсене хирĕç кĕрешнĕ. Çынсене расăсем çине уйăрнине хирĕç Чернышевский вĕсене нацилле тата социальнăй паллăсем тăрăх уйăрма кирлине кăтартса панă, ĕçлекен çынсен интересĕсем эксплуататорсемпе пусмăрçăсене хирĕç кĕрешнĕ чухне пур çĕршывсенче те пĕр пулнине палăртнă. Чылай чухне (сăмахран, Францири 1848 çулхи революци кĕрешĕвне анализ тунă чухне) Чернышевский историлле питĕ тĕплĕ анализ тунă, çав анализ Маркс анализĕнчен кăна каярах тăнă. Вăл тĕрĕслĕхлĕ тата тĕрĕслĕхлĕ мар вăрçăсем пирки тăракан ыйтăва лайăх ăнланса илме пултарнă. Çав питĕ кирлĕ ыйту тĕлĕшпе Чернышевский пĕтĕмĕшле вывод тунă: «Халăх хăйĕн чиккисене сыхлассишĕн вăрçакан вăрçă çеç кирлĕ тата усăллă. Туртса илме е ытти нацисенчен çÿлерех тăма тĕллев лартакан кирек мĕнле вăрçă та... пÿтсĕр тата вăл этемлĕхе хисепленипе килĕшсе тăмасть».

Вăл вăхăтра патриотизм пирки космополитла буржуалла теори пеккисем саралнă пулин те, Чернышевский чăн-чăн патриотизма хĕрÿллĕн хÿтĕленĕ, ăна вăл çынна хак памалли тĕп виçе тенĕ. «Вырăссен кашни аслă çыннин историлле



пĕлтерĕшне унăн тăван çĕршыв умĕнхи тава тивĕçлĕ ĕçĕсене кура, унăн этем тивĕçлĕхне—унăн патриотизмĕн вăйне шута илсе хакласçĕ»,—тесе каланă Чернышевский.

Чернышевский политикăлла экономи енĕпе те питĕ паха ĕçсем туса иртернĕ. Хăйĕн «Капитал и труд» ятлă произведенийĕнче, Милль çырнă «Политическая экономия» ятлă кĕнекене куçарнă пирки асăрхаттарнисенче, çавăн пекех ытти ĕçсенче те вăл буржуалла политикăлла-экономикăлла теорисем панкрута тухнине кăтартса панă, çав теорисем «наукăна ăнлантарса паман, ăна вараласа анчах пĕтернĕ». Вăл мальтузианствăна хирĕç хĕрÿллĕн кĕрешнĕ. Массăсем чухăнланса пыни, тенĕ Чернышевский, халăх йышĕ ытлашши нумай пулнинчен тата тăпра тухăçлăхĕ чакнинчен килмест, вăл буржуази эксплуатацие вăйлатнăçемĕн вăйлатнинчен килет. Чернышевский буржуазие çав тери курайман, ăна ывăнма пĕлмесĕр тăрă шыв çине кăларнă.

Чернышевскин эстетика теорийĕ пысăк пĕлтерĕшлĕ пулнă. Кунта вăл идеалистла эстетикăна хирĕç кăна мар, пĕтĕмĕшпе илсен, идеализма хирĕç те кĕрешнĕ. Гегель тата унăн ученикĕсем илемлĕхе этем чăнлăхран пăрăнса кайма тăрăшнă пек, илемлĕх пурнăçран инçетре тăнă пек ăнлантарнă. Вĕсене хирĕç Чернышевский çапла каланă: илемлĕх чăнлăхран тухса тăрать, унпа вăл ним уйрăлми çыхăннă. «Илемлĕх вăл—пурнăç», тенĕ вăл «Эстетические отношения искусства к действительности» ятлă чаплă диссертацинче. Чернышевскишĕн илемлĕх — историлле тата социалла категори, ĕçлекен çынсемшĕн тата паразитсемшĕн вăл пĕр пек пулмасть. Пурнăç тулли те нумай енлĕ пулмалла, ирĕклĕн те савăнăçлăн ĕçлесе пурăнмалла. Çакăн пек илемлĕхшĕн тăнă та ĕнтĕ Чернышевский. Çавăнпа та вăл искусствăна пÿлсе тăнине—суйласа илнĕ тата илемлетнĕ чăнлăха анчах кăтартса панине татăклăн сивленĕ. Этемшĕн мĕн интереслине тата кирлине искусство пĕтĕмпех кăтартса пама пултарать тата кăтартса памалла та. Çав вăхăтрах искусствăн чăнлăха сăнласа панипех чарăнса тăмалла мар, унăн пурнăçа ăнлантарса памалла, ăна хак панă май чăнлăха улăштарса лайăхлатма активлăн пулăшмалла.

Эстетикăн çак чаплă вĕрентĕвĕ искусствăна общественлă кĕрешĕвĕн çивĕч хĕçпăшалĕ туса хума, ăна кĕрешекен халăхшăн ĕçлеттерме тăрăшнине кăтартса парать. Чернышевскин çав вĕрентĕвĕ вырăссен демократилле литературин, Щедринпа Некрасовăн, Помяловскипе Решетниковăн творчествăлла ĕçĕн теориллĕ никĕсĕ пулса тăнă. Чернышевский эстетики малта тăракан, прогрессивлă явленисемшĕн искусствăн ытти облаçĕсенче те никĕс пулса тăнă: живописре «передвижниксем», музыкăра «Хăватлă ушкăн» представителĕсем, скульптурăпа театр мастерĕсем ун çине таянса ĕçленĕ.

Революцилле эстетикăн çав принципĕсем Чернышевскин литературăпа критика ĕçĕнче те уçăмлăн палăрса тăраççĕ. Вырăс тата тĕнче литературинче аслă писательсен произведенийĕсене анализ туса, вырăссен гениллĕ мыслителĕ вĕсенчен нумай ыйтнă, пурнăçран вĕренме, унăн явленийĕсене тĕрĕс кăтартса пама, произведенисенче халăх пурнăçĕн тĕп ыйтăвĕсене кăтартса пама сĕннĕ. Çавăнпа пĕрлех вăл произведенин художествăлла формине те тимлĕн пăхма хушнă. Художествăлла хăватлă майсемпе усă курса питех те прогрессивлă идейăсене палăртса тăракан искусствăна çеç Чернышевский чи лайăххи тесе шутланă. Художествăлла майсемпе усă курма пĕлни вулакансемшĕн содержанине курăнса тăмалла, питĕ ăнланмалла тăвать. Чернышевский хăйĕн критикăлла статьисемпе А. Н. Островские, Салтыков-Щедрина, ун чухне тин çырма тытăннă Л. Н. Толстоя пысăк пулăшу панă.

Общественлă-политикăлла тата илемлĕх пĕлтерĕш тĕлĕшĕнчен Чернышевскин «Что делать» ятлă чаплă романĕ питех те пысăк вырăн йышăнса тăрать, ăна вăл Петропавловски крепосра тĕрмере ларнă чухне питех те йывăр условисенче çырнă. Рахметовăн, Лопуховăн, Кирсановăн, Вера Павловнăн витĕмлĕ сăнарĕсенче вăл вулакансене материализмла мировоззрени пуçламăшĕсене ăнланса илнĕ «çĕнĕ çынсене», хăйсен ĕçне пурăнакансене тата пурнăçа тÿрĕлĕхлĕ никĕс çинче тăвакансене кăтартса панă. Çак хастарлă, хăюллă та активлă çынсем хăйсен телейĕшĕн çунипе пĕрлех халăхпа общество ырлăхĕшĕн пысăк ĕçсем тума тăрăшаççĕ. Хăй вырăнĕнче вĕсенчен кашнийех ĕçлекен çыншăн ырми-канми тăрăшать. Вĕсем наукăра çĕнĕ çулсем хываççĕ, производствăлла артельсем организацилеççĕ, рабочисене çырма-вулама вĕрентеççĕ, вĕсем хушшинче политикăлла пропаганда туса пыраççĕ, кивĕ традицисене хăюллăн çĕмĕреççĕ, хăйсен ĕçĕпе киввине, пурăнса иртернине хавшатаççĕ.

Романра Рахметов уйрăм вырăн йышăнать, вăл пурнăçăн кашни утăмне халăхшăн кĕрешес ĕçе пăхăнтарать, çавна вăл чи пысăк телей тесе шутлать. Профессионал-революционер пулса вăл уççăн ĕçленипе кăна çырлахмасть, вăрттăн ĕçлеме тытăнса вырăссен тата урăх çĕршывсен ытти революционерĕсемпе çыхăну тытма пуçлать. Рахметовсем—çĕршывăн чи лайăх çыннисем. Чернышевский хăй вăхăтĕнчи çынсене Рахметов хыççăн кайма чĕннĕ, вĕсене революцилле шухăшпа хавхалантарнă. Рахметов революцилле шухăшлакан çамрăксен юратнă геройĕ пулса тăнă. Болгарин аслă революционерĕ Георгий Димитров çапла каланă: «Кĕрешекенĕн характерне тума мана мĕскер пулăшнă-ха? Тÿрех калама тивĕç: çавă вăл Чернышевскин «Что делать?» кĕнеки пулнă». Рахметов сăнарĕ Димитрова фашистсен тĕрминче пулнă питĕ хăрушă кунсенче хăюллă тата çирĕп пулма вăй парса тăнă. Çак сăнар совет çыннисене халĕ те халăх тăшманĕсене курайми пулма, революцилле ĕçе парăнса тăма, хĕрÿллĕ патриот пулма вĕрентет.

Чернышевский романра «çĕнĕ çынсен» çывăхри задачисене кăна мар, вĕсен малашнехи идеалĕсене те кăтартса пама тăрăшнă. Вера Павловнăн чаплă «тăваттăмĕш тĕлĕкĕнче» вăл социализмла малашлăхăн паллисене кăтартса парать, унта социалла тата политикăлла пусмăртан ирĕке тухнă этемлĕх наукăпа малта тăракан техникăн пĕтĕм хăвачĕпе телейлĕ пурнăç тума, тăванла пĕр пулса, коллективра ĕçлесе пурăнма усă курать. Пулас вăхăтри çынсене кунта хăйсен кун-çулĕн хуçисем пек кăтартса панă. Чернышевский çак картинăна пурнăçа кĕртме май килет тесе шутланă, çав тĕлĕнмелле илемлĕ малашлăхшăн ĕçлеме чĕннĕ: «Пуласлăх çутă та илемлĕ,—тесе каланă вăл.—Ăна юратăр, ун патнелле туртăнăр, уншăн ĕçлĕр, ăна çывхартса пырăр, пултарнă таран унтан хальхи пурнăç валли илĕр». Эпир социализмран коммунизма куçмалли тапхăра кĕнĕ кунсенче, хамăрăн пĕтĕм пурнăçа çав задачăна пăхăнтарнă вăхăтра Чернышевскин çав ĕмĕчĕсенчен нумайăшĕ пурнăçланнă ĕнтĕ.

Малта тăнă, этемлĕх телейĕшĕн кĕрешнĕ çынсен аллинче Чернышевскин «Что делать?» ятлă романĕ питех те вăйлă хĕçпăшал пулнă. Вăл хăйĕн пуян содержанийĕпе тата революцилле пĕлтерĕшĕпе, малашлăха ĕненсе тăнипе тата таса оптимизмпа кĕрешĕве çĕкленме хавхалантарнă, пĕрмаях малалла кайма чĕннĕ.

Чернышевскин çутă сăнарĕ те кĕрешÿ ялавĕ пулнă, унăн революцилле пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк шутланнă. Аслă революционерăн иксĕлми хастарлăхне «гражданла казнь» та, патша тĕрмисем, каторгисемпе ссылкисем те хавшатма пултарайман. Патша Российинче Чернышевский ятне асăнма юраман, анчах вăл халăхăн чи лайăх çыннисен шухăшĕсемпе чĕрисенче пурăннă. Аслă революционер-демократ хăйĕн арăмĕ патне янă çырусенче нумай хутчен çапла каланă: хамăн политикăлла каторжник шăпине эпĕ обывателĕн тулли ырлăхĕпе улăштарман пулăттăм. «Çакăн пек пулса тухнăшăн эпĕ сана хĕрхенетĕп,—тесе çырнă вăл каторгăри Александровски заводĕнчен. — Хамшăн эпĕ пĕтĕмпех кăмăллă. Ыттисем çинчен—чухăнлăхра пурăнакан вуншар миллион çынсем çинчен шухăшланă чухне эпĕ савăнатăп, акă мĕншĕн савăнатăп: ман ирĕкпе тава тивĕçлĕ ĕçсемсĕрех манăн сасса халиччен хинчен вăйлăрах тата авторитетлăрах туса хунă, вăл сасă хăçан та пулсан вĕсене хÿтĕлессишĕн хĕрлеме пуçлĕ».

Социализм çĕнтернĕ çĕршыври ĕçсыннисем Чернышевский ятне чун-чĕререн хисеплесе пурăнаççĕ, унăн тава тивĕçлĕ патриотла аслă ĕçĕсене мухтаса аса илеççĕ, вăл этемлĕх телейĕшĕн кĕрешме хушса хăварнă ĕçе çĕнĕ условисенче малалла туса пыраççĕ.

Е. БОГОЛЮБОВ,
профессор, филологи наукисен докторĕ.

## Монголире совет артисчĕсем ҫинчен мĕн ҫыраҫҫĕ

УЛАН-БАТОР, июлĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Ĕнер Улан-Батортан Мускава самолетпа совет артисчĕсен ушкăнĕ тухса кайнă. Совет артисчĕсем Монголипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх уйăхлăхне иртернĕ тата Монголи халăх революцийĕ 30-ҫула ҫитнине уявланă ҫĕрте пулнă.

Совет артисчĕсем каялла тухса кайнă май «Унэн» хаҫат вĕсен концерчĕсем ҫинчен ҫырусем пичетленĕ.

Совет артисчĕсене Кăнтăр Гоби аймакĕнчи аратсем мĕн тери хавасланса кĕтсе илни ҫинчен Ринчин писатель ҫырнă. Кăнтăр Гоби аймакĕнче пурăнакансем совет артисчĕсемпе тĕл пулнине Совет Союзĕпе Монголи халăхĕсен туслăхне палăртакан савăнăҫлă событи, тесе шутлаҫҫĕ.

Совет артисчĕсем вырăс тата узбек юррисемпе ташшисене питĕ ăста юрласа-ташласа кăтартни пирки хăй хавасланни ҫинчен Наван арат каласа панă. «Вырăс чĕлхипе узбек чĕлхине пĕлместĕп пулсан та, эпĕ чăн-чăн пахха искусство мĕнлине ăнлантăм», тенĕ вăл.

Совет артисчĕсен концерчĕсем Монголи театр искусстви работникĕсемшĕн ăсталăхăн питĕ чаплă шкулĕ пулчĕҫ, тенĕ Монголи Халăх Республикин халăх артистки Ояк.

«Совет артисчĕсен юррисемпе ташшисенче совет ҫыннисен савăнăҫне тата вĕсен пысăк ĕҫне курсан, эпĕ хытă хавасланатăм», тет строительствăра ĕҫлекен рабочи Далай редакцие янă ҫырура. Эпĕ те юрăсенче мухтакан Совет Союзĕнчи ĕҫҫыннисем пек ĕҫлĕп, тесе ҫырать вăл.

Совет артисчĕсен концерчĕсенче совет халăхĕн аслă культури палăрни ҫинчен наука кандидачĕсем Шагдарсурунпа Галбатрах ҫырнă. «СССР халăх артистки Халима Насыровăн сасси питĕ чаплă, унăн сассинче Совет Союзĕнчи кашни халăх хăйĕн аслă тăван ҫĕршывĕпе мухтанни янраса тăрать», теҫҫĕ вĕсем.

### ВАРШАВĂНА ИРĔКЕ КĂЛАРАССИШĔН ҪАПĂҪСА ВИЛНĔ СОВЕТ ВОИНĔСЕН ВИЛТĂПРИСЕМ ҪИНЕ ЧЕЧЕК КĂШĂЛĔСЕМ ХУНĂ

ВАРШАВА, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Польша пичет агентстви ҫакăн ҫинчен пĕлтерет: ĕнер, Ирĕке тухнă куна уявланă май, государство тата парти органĕсен представителĕсем Варшавăна ирĕке кăларассишĕн ҫапăҫса вилнĕ совет воинĕсен вилтăприсем ҫине чечек кăшăлĕсем хунă.

Унта Министрсен Совечĕн председателĕ Болеслав Берут ячĕпе, Государство Совечĕ ячĕпе, Польшăри рабочисен пĕрлешнĕ партийĕн Центральнăй Комитечĕ ячĕпе, ытти политикăлла партисен ертсе пыракан органĕсен ячĕпе, Польша Ҫарĕ ячĕпе, массăллă организацисен ячĕпе, предприятисемпе учрежденисен ячĕпе чечек кăшăлĕсем хунă. Совет Союзĕн Варшаври посольстви ячĕпе те вилтăприсем ҫине чечек кăшăлĕ хунă.

Ĕнер столицăри общественность представителĕсем Польшăпа Совет Союзĕн хĕҫпăшаллă вăйĕсен тăванлăхне палăртакан обелиск умне тата Совет Ҫарне тав тунине палăртса лартнă обелиск умне чечек кăшăлĕсем хунă.

### ИМПЕРИАЛИСТСЕН АГЕНЧĔСЕНЕ КИТАЙРАН КĂЛАРСА ЯНĂ

ШАНХАЙ, июлĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). «Цзефанжибао» хаҫат пĕлтернĕ тăрăх, Шанхайри ҫарпа контроль комитечĕ, халăх ыйтнине шута илсе, империализмăн пилĕк агентне Китайран кăларса яма приказ панă. Ҫав агентсем католикла миссионерсем пек пулса пурăннă. Вĕсен ячĕсем: Женевьев Мартэн, Мари-Анн Ле Бутейе, Анн-Мари Дю Моттэ-Шошар, Жозеф Вердье тата Пьер Пейар.

Китайран кăларса ямалла тунă ҫынсен шутĕнче Шанхайри «Таса хĕр Мария» текен приютăн руководителĕсем пулнă ҫынсем те пур.

Ĕнер Шанхайра митинг пулнă. Унта икĕ пин ҫын ытла, пуринчен ытларах католиксем пухăннă. Митинга пухăннисем халăх влаҫĕсен ĕҫне пĕр шухăшлă пулса ырланă.

## Болгарире техникăлла кадрсем хатĕрлеҫҫĕ

СОФИЯ, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Болгарире хăвăрт ӳссе пыракан промышленность валли техника кадрĕсем хатĕрлес ĕҫ анлă саралнă. Нумай хуласемпе ялсенче техникăна тата тĕрлĕ профессие вĕренмелли, вăтам пĕлӳ паракан, тĕрлĕ ĕҫсем енĕпе специалистсем хатĕрлекен училищĕсем нумай уҫнă. Хальхи вăхăтра 100 ытла техникумра темиҫе пин ҫын вĕренет. Ҫĕршывра каҫхине вĕренмелли техникумсем те уҫнă. Нумай техникумсен ҫумĕнче заочнăй вĕренмелли уйрăмсем пур. Тĕрлĕ профессие вĕренмелли, вăтам пĕлӳ илмелли училищĕсене вĕренекенсен йышĕ те ҫултан-ҫул хушăнса пырать. Иртнĕ ҫулта ҫав училищĕсенчен 20 пин ҫынна яхăн вĕренсе тухнă.

### АФГАНИСТАНРА СОВЕТ КИНОФИЛЬМĔСЕНЕ КĂТАРТАҪҪĔ

КАБУЛ, июлĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Юлашки вăхăтра Афганистанра Совет Союзĕнче ӳкернĕ «Алишер Навои», «Далекая невеста», «Аршин мал-Алан» тата «Два бойца» ятлă илемлĕ фильмсене кăтартаҫҫĕ. Ҫак фильмсене курма халăх йышлă ҫӳрет.

## Ҫамрăксемпе студентсен Пĕтĕм тĕнчери фестивалĕ умĕн

БУХАРЕСТ, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Ҫамрăксемпе студентсен Пĕтĕм тĕнчери фестивалĕ халăхсен искусствин чаплă сиетрĕ пулать. Фестивалĕн культурăллă ĕҫсен программине хăйсен концерчĕсемпе постановкисене кĕртесшĕн пулни ҫинчен 70 ҫĕршыв ытла пĕлтернĕ ĕнтĕ. Нумай залсенче, уҫлăхри театрсенче, кинотеатрсенче, хулари площадьсенчи эстрадăсем ҫинче ҫĕршер концертсем пулаҫҫĕ. Вĕсене курма кашни кун ҫĕршер пин ҫын ҫӳреме пултарать.

Фестиваль делегачĕсем Ваямăран (Куба) килнĕ «Орфеон Мартиано» хорпа, Гданьскран (Польша) пынă хорпа, Англирен килнĕ ăста ташлакансемпе, Болгарири пионерсен юрă ансамблĕпе, «Аль-Десайă» ансамблĕпе (Алжир), Ленинградри балет театрĕпе, Стара-Тура хулинчи (Чехословаки) духовой оркестрпа, Китай цирк мастерĕсемпе тата ытти нумай коллективсемпе паллашаҫҫĕ.

Бухарестра паллă артистсем нумай пухăнаҫҫĕ. Вĕсем хăйсен искусствипе, хăйсен пултарулăхĕпе фестивале ăнăҫлă иртерме, миршĕн тăракан ҫамрăксен туслăхне ҫирĕплетме нумай пулăшаҫҫĕ. Кунта Голландири чаплă дирижер Ван Гаффелю, писатель Мишель Брюссино, Швецири паллă халăх юрăҫисем Билленгренпа Эльза Бьернберг тата ыттисем те концертсем параҫҫĕ.

Фестивале пыма ятарласа тунă ансамбльсен нумай концерчĕсем пулаҫҫĕ. Ҫав шутра Финляндин симфони оркестрĕн, Бухарестри предприятисенче ĕҫлекенсен 2 пин ҫынлă хорĕн, Япони ансамблĕн, Чили хорĕн, Мартиники утравĕ ҫинчи студентсен ансамблĕн концерчĕсене итлеме пулать.

Фестиваль делегачĕсем кунта тĕнчери кинематографин чи лайăх произведенийĕсене кураҫҫĕ.

## Бандунгра 50 пин ҫынлă демонстраци пулнă

### Индонезири правительство кризисĕ пирки

ДЖАКАРТА, июлĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Ҫĕнĕ правительство тума Бурханиддин Харахапа (Машуми партийĕн представительне) хушнă пулнă. Вăл июлĕн 18-мĕшĕнче правительство туса йĕркелеме килĕшменни ҫинчен пĕлтернĕ. Кун хыҫҫăн Сукарно президент правительство туса йĕркелеме чи ҫывăх вăхăтрах урăх деятеле хушасси ҫинчен пĕлтернĕ.

Правительство кризисĕ пирки прогрессивлă вăйсемпе реакциллĕ вăйсем хушшинче кĕрешӳ ытларах та ытларах вăйланса пырать.

Демократиллĕ организацисем нацин пĕрлĕхлĕ фрончĕн правительствине—ҫĕршыв интересĕсене хӳтĕлеме пултаракан, «дар-уль-ислам» текен террористсен бандисене пĕтерме, парламентăн пур решенийĕсене те пурнăҫлама пултаракан правительство тăвассишĕн кĕрешеҫҫĕ. Ҫак требованисене хӳтĕлес шутпа июлĕн 19-мĕшĕнче хулари ҫынсен демонстрацийĕ пулнă. Демонстрацие 50 пин ҫын тухнă. Демонстраци иртернĕ ҫĕре 50 ытла тĕрлĕ общественлла организацисем хутшăннă.

Индонезири Коммунистсен партийĕ заявлени пичетлесе кăларнă, унта вăл халĕ нацин пĕрлĕхлĕ фрончĕн правительствине тума вăхăт ҫитнине уйрăмах палăртать. Заявленире ҫапла каланă: Машуми партийĕн представителĕн ĕҫĕ ăнăҫсăр пулни кивĕ йĕркепе Машуми партийĕпе нациллĕ парти пĕр-пĕринпе килĕштернипе правительство тума май ҫуккине тата тепĕр хут кăтартса пачĕ. Коммунистсен партийĕ ҫакна палăртнă: Машуми партийĕн правительство тăвас ĕҫĕ ăнăҫсăр пулни Индонезие ҫĕршывра фашистла йĕрке туса хурас хăрушлăхран вăхăтлăха хăтарнă. Коммунистсен партийĕ, парламент решенийĕсене пурнăҫлама пултаракан тата парламентри ытларахăшĕ кăна мар, пĕтĕм халăх пулăшса тăракан ҫĕнĕ правительство тума требовани лартать, террористсен бандисене хӳтĕлекен партисен представителĕсене ҫав правительствăна кĕртмелле мар, тет.

## Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ Пĕтĕм Францири ĕҫ конфедерацине янă телеграмма

ВЕНА, июлĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Парижра июлĕн 14-мĕшĕнче пулнă событисем пирки Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ Пĕтĕм Францири ĕҫ конфедерацине телеграмма янă, унта ҫапла каланă:

Июлĕн 14-мĕшĕнче полици тапăннипе пула вилнĕ ҫынсене пытарнă кун Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн членĕсем вилнисен тупăкĕсем умĕнче хурланса пуҫ таяҫҫĕ. Кашни ҫул июлĕн 14-мĕшĕнче пулакан мирлĕ демонстрацие иртернĕ вăхăтра ирсĕррĕн тапăннипе пула Ҫурҫĕр Африка рабочийĕсемпе Парижри ĕҫҫыннисем вилни ҫинчен пĕлсен, Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕ хытă тарăхса хурланчĕ. Парижра рабочисен юнĕ тăкăнчĕ. Алжирпа Франци ĕҫҫыннийĕсенчен 100 ҫын аманнă, ҫичĕ ҫынна полицейскисем вĕлернĕ. Ҫав ҫынсем Пĕтĕм Францири ĕҫ конфедерацийĕн речĕсенче пурнăҫ условийĕсене лайăхлатассишĕн, ирĕклĕхшĕн, эзем тивĕҫлĕхĕшĕн, эксплуатацие хирĕҫ кĕрешнĕ.

Июлĕн 14-мĕшĕнче Париж халăхне хирĕҫ, чи малтан Ҫурҫĕр Африка ĕҫҫыннийĕсене хирĕҫ юнлă провокаци туни вăл рабочи класа аркатса яма тата хăратса ӳкерме преступникла хăтланни пулать, тенĕ малалла телеграммăра. Ҫав провокаци вăл ăна пуҫарнă ҫынсемшĕнех сиенлĕ пулĕ; вăл Францири ĕҫҫыннисене тата вĕсен Ҫурҫĕр Африкăри тăванĕсене хăйсене пĕтĕҫтерсе тăракан пĕрлĕхпе туслăха вăйлатма хушать. Ҫав провокаци ĕҫҫыннисене, пĕтĕм тĕнчери мире хӳтĕлеме тăрăшакан мĕнпур ҫынсене тарăхтарать.

Ҫав преступление хирĕҫ протестлесе, Пĕтĕм тĕнчери профсоюзсен федерацийĕн секретариачĕ федерацире членра тăракан 80 миллион ҫын ячĕпе Алжирти ĕҫҫыннисене, вĕсем пурнăҫа лайăхлатассишĕн, никама пăхăнманлăхшăн тата миршĕн кĕрешнĕ ҫĕрте, пĕтĕмпех вĕсемпе пĕр майлă пулни ҫинчен шантарса калать.

## Францири хресченсем миршĕн кĕрешеҫҫĕ

ПАРИЖ, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Пирижра июнĕн 27-мĕшĕпе 28-мĕшĕнче «Калаҫусем иртермелле тăвассишĕн тата миршĕн тăрас ыйтупа наци конференцийĕ» пулнă. Конференци тĕнчери ҫĕршывсем хушшинчи тавлашуллă ыйтусене пурне те калаҫусем иртернипе татса памалла тăвассишĕн пĕтĕм халăх хушшинче анлă кампани сарма решени йышăннă. Ҫав решение Франци халăхĕн тĕрлĕ сийĕсем ырлаҫҫĕ.

«Юманите» хаҫат пĕлтернĕ тăрăх, тĕнчери тавлашуллă ыйтусене калаҫусем иртернипе татса памалла тăвассишĕн тата миршĕн кĕрешме Франци хресченĕсем те хутшăнаҫҫĕ. Ланда департаментĕнче мире хӳтĕлес ыйтăва тата ялхуҫалăх ыйтăвĕсене сӳтсе явма ноябрĕн 29-мĕшĕнче хресченсен конференцине пухма йышăннă. Департаментри хресченсем, халĕ уй-хирте хĕрсе ĕҫлеҫҫĕ пулин те, ҫав конференцие хатĕрлеме тытăннă. Вĕсем Бонра тата Парижра тунă ҫар договорĕсем Францишĕн хăрушлăх кăларса тăратни, ҫав договорсене ҫирĕплетмелле марри ҫинчен Наци пухăвĕн депутачĕсем патне яма ҫырнă ҫырусем ҫине ҫынсене алă пустарса ҫӳреҫҫĕ. Ҫак департаментри тĕрлĕ хуласенчи 30 мэр, хресченсен конференцине пухма хатĕрлеме чĕнсе, департаментри мĕнпур политикăлла, общественлла тата культурăлла деятельсем патне ҫыру янă.

Ҫавăн пек конференци иртерме Анатри Луара департаментĕнче те хатĕрленеҫҫĕ.

## Ливан парламенчĕн суйлавĕ

БЕЙРУТ, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Ливанри хаҫатсем ҫакна палăртаҫҫĕ: парламента депутатсем суйлас пирки июлĕн 19-мĕшĕнче иккĕмĕш хут сасăлама Кăнтăр Ливанри тата Бекаа облаҫĕнчи суйлавҫăсем сахал хутшăннă, сасăлама пынисен проценчĕ пĕчĕк пулнă. Кунсăр пуҫне, суйлав ещĕкĕсене темиҫе ҫĕр бюллетене кандидатсем пирки нимĕнле паллă тумасăр янă. Ҫав бюллетенсем ҫине Ливан халăхĕ ҫĕрсене хресченсем хушшинче валеҫме ыйтни ҫинчен тата Ливан ҫĕршывсен «пĕр-пĕрне пĕрле хӳтĕлемелли» пĕрлешĕвĕ текен агрессилле союза кĕрессине хирĕҫ кĕрешме чĕнекен лозунгсем ҫырнă.

«Ас-Сарха» хаҫат Дейр Мимас ялĕнче (Кăнтăр Ливан) кандидатсем пирки нимĕнле паллă та туман 60 бюллетень суйлав ещĕкĕсене яни ҫинчен, ҫав бюллетеньсем ҫинче ҫĕршывсен «пĕр-пĕрне пĕрле хӳтĕлемелли» пĕрлешĕвне тумалли проекта хирĕҫ протестлесе ҫырнă сăмахсем пулни ҫинчен пĕлтерет. «Телеграф» хаҫат Ибль Саки ялĕнче (Кăнтăр Ливан) суйлав ещĕкĕсене кандидатсем пирки нимĕнле паллă тумасăр 144 бюллетень яни ҫинчен, ҫав бюллетеньсем ҫине «пĕр-пĕрне пĕрле хӳтĕлемелли» пĕрлешӳ тĕп пултăр! тесе ҫырни ҫинчен пĕлтерет. Мерджаюм кули (Кăнтăр Ливан) районĕнче пĕтĕмпе 29.408 суйлавҫăна списока кĕртнĕ пулнă, вĕсенчен 11.613 ҫын кăна сасăлама хутшăннă, 1.536 бюллетене кандидатсем пирки нимĕнле паллă тумасăр суйлав ещĕкĕсене янă. Ҫав бюллетеньсем ҫинче халăха ҫăкăр тата шыв ҫителĕклĕ пама ыйтни ҫинчен, Ливан «Вăтаҫĕр-Хĕвелтухăҫĕнчи командовани» текен агрессиллĕ союза кĕрессине хирĕҫ ҫырнисем пулнă.

«Аль-Хадаф» хаҫат пĕлтернĕ тăрăх, парламента депутатсем суйлас пирки малтанхи хут июлĕн 12-мĕшĕнче сасăланă чухне те Бейрут хуличе тата Сăртлă Ливан облаҫĕнче суйлавҫăсем сасăлама килĕшменни палăрнă. Ҫапла, сăмахран, Кфар Катра ялĕнчи суйлав комиссийĕн суйлав хыҫҫăн 600 бюллетеньре кандидатсем пирки нимĕнле паллă та туманнине палăртма тивнĕ. Ку ялти суйлавҫăсен списокĕнче шăпах ҫавăн чухлĕ ҫын пулнă.

## Корейăри ĕҫсем

### ХАЛĂХ ҪАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, июлĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх ҫарĕн Главнăй командованийĕ паян ҫапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче халăх ҫарĕсем пур фронтсенче те тăшмана хирĕҫ артиллерирен персе тăнă.

Паян зенитнăй чăссем тăшманăн икĕ самолетне персе ӳкернĕ, пĕр самолетне сиен кӳнĕ.

ПХЕНЬЯН, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх ҫарĕн Главнăй командованийĕ пĕлтернĕ тăрăх, паян фронтра хăшпĕр вырăнсенче ҫапăҫусем пулнă.

### КОРЕЙĂРИ ПЕРЕМИРИ ҪИНЧЕН ПЫРАКАН КАЛАҪУСЕМ

ПЕКИН, июлĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран ҫапла пĕлтернĕ:

Корейăри перемири ҫинчен пыракан калаҫусене хутшăнакан Корейăпа Китай делегацийĕ паян ҫакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Июлĕн 21-мĕшĕнче икĕ енĕн делегацийĕсен штаб офицерĕсен, ҫыхăну офицерĕсен тата тăлмачĕсен хупă ларăвĕсем пулнă.

ПЕКИН, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин Кэсонри корреспондентĕнчен илнĕ хыпар тăрăх, Корейăри перемири пирки пыракан калаҫусене хутшăнакан Корейăпа Китай делегацийĕ паян пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă, унта ҫапла каланă:

Июлĕн 22-мĕшĕнче икĕ енĕн штаб офицерĕсен хупă ларăвĕсем пулнă.

## Ли Сын Ман иртĕхет

ЛОНДОН, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентствин корреспонденчĕ Сеул хулинчен пĕлтернĕ тăрăх, Ли Сын Ман паян заявлени тунă. Ҫавăн чухне вăл хăй США президенчĕн ятарласа янă представителĕпе Робертсонпа калаҫса нумай пулмасть тунă килĕшӳ вăл «малтанлăха кăна» тунă килĕшӳ пулать, тенĕ. Эпир хамăр тĕллевсене пурнăҫлама политикăлла конференци пынă вăхăтра, урăхла каласан 90 кун хушши тăхтаса тăма килĕшрĕмĕр, тенĕ Ли Сын Ман.

«Кун хыҫҫăн,—тенĕ вăл,—эпир хамăрăн ҫул-йĕре суйласа илме ирĕклĕ пулатпăр. Ҫавна май манăн ҫакна калас пулать: эпир Пĕрлешӳллĕ Штатсенчен пирĕн пĕтĕмĕшле тĕллевсене пурнăҫлас шутпа пирĕнпе пĕрле вăрҫă вăрҫма тытăнма, е эпир хамăр тĕллĕн кĕрешнĕ чухне пире мораль тĕлĕшĕнчен, тата укҫа-пурлăх енĕпе пулăшса тăма сăмах пама ыйтрăмăр».

Паян Кăнтăр Корейăн ют ҫĕршыв ĕҫĕсен «министрĕ» Бьон Йон Тэ: лисынмановецсем «перемири тунине пăхăнмĕҫ», тенĕ. «Пĕрлешӳллĕ Штатсем Корейăпа Китай делегацине шантарса каланă хăшпĕр сăмахсене пăрахăҫлама килĕшмесен, Кăнтăр Корейăн хăйĕн ҫул-йĕрĕпе кайма тивет», тенĕ Бьон Йон Тэ.

Телеграф агентствисен пĕлтерĕвĕсенче Бьон Йон Тэ США шантарса каланисене хирĕҫ тăнине палăртнă. Вăл Пĕрлешӳллĕ Штатсем перемири тунă хыҫҫăн лисынмановецсене, агрессиллĕ нимĕнле ĕҫре те пулăшмастпăр тесе шантарнине, ҫавăн пекех перемири мĕн чухлĕ вăхăта пулмалли срока палăртмастпăр тесе шантарса каланине хирĕҫ тăрать.

Нам Ир генерал хăйĕн заявленийĕнче каланинчен Гаррисон пĕр майлă шантарса сăмах пани курăнать, президент представителĕ Робертсон вара Ли Сын Мана тепĕр майлă шантарса каланă, тенĕ Бьон Йон Тэ.

### АМЕРИКĂН ҪАР КАРАПĔСЕМ ТУРЦИРЕ

СТАМБУЛ, июлĕн 22-мĕшĕ. (ТАСС). Июлĕн 22-мĕшĕнче ирхине Стамбул портне Америкăн ҫар карапĕсен эскадри пырса ҫитнĕ. Эскадрăра 10 карап, вĕсем хушшинче «Сэлем» тата «Балтимора» крейсерсем, виҫĕ эсминец тата ытти йышши пилĕк карап пур.

### ЯПОНИ ХАЛĂХĔ АМЕРИКА ҪАР БАЗИСЕМ ТУНИНЕ ХИРĔҪ КĔРЕШЕТ

ПЕКИН, июлĕн 21-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентстви ҫапла пĕлтерет:

Токиоран илнĕ хыпар тăрăх, Америкăн Японири ҫар влаҫĕсен июлĕн 16-мĕшĕнче ирĕксĕрех Хокайдо утравĕ ҫинчи Саппор патĕнчи Цукисабури полигонпа малашне усă курма пăрахасси ҫинчен пĕлтерме тивнĕ.

Америка Асама тăвĕ патĕнче ҫар ĕҫне вĕрентмелли вырăн тума шутланине хирĕҫ Япони халăхĕ ăнăҫлă кĕрешнĕ. Халĕ Америкăн ҫар влаҫĕсене Цукисабури полигонпа усă курма пăрахтарни Япони халăхĕн ҫĕнĕ ҫĕнтерĕвĕ пулать.

## Японире шыв нумай тулнă

ШАНХАЙ, июлĕн 20-мĕшĕ. (ТАСС). Японирен пĕлтернĕ тăрăх, юлашки кунсенче Хонсю утравĕ ҫине вăйлă ҫумăр ҫунă, ҫавна пула Осака хулинчен кăнтăртарахри виҫĕ юханшыв ҫыранĕсенчен тухнă. Ҫĕрĕн пысăк лаптăкне шыв илнĕ, вуншар хуласемпе ялсем хушшинчи ҫыхăну татăлнă.

Шыв тулнипе пула Хонсю утравĕ ҫинче, июлĕн 20-мĕшĕнчи ирхине 11 сехет тĕлне илнĕ сведенисем тăрăх, 250 ҫын ытла вилнĕ, 300 ҫын ытла аманнă, 2 пин ҫын ытла ăҫта кайса кĕни паллă мар, 12 пин ҫынна яхăн ҫурт-йĕрсĕр тăрса юлнă.

## Венгрири тата Совет Союзĕнчи велосипедпа хăвăрт ҫӳрекенсем пĕр-пĕринпе юлташла ăмăртни

Июлĕн 21-мĕшĕнче Мускав ҫывăхĕнче Венгри Халăх Республикинчи тата Совет Союзĕнчи велосипедпа хăвăрт ҫӳрекенсен юлташла ăмăртăвĕ пулнă. Шоссе тăрăх велосипедпа 188,5 километр чупса мала тухассишĕн Венгрин ҫичĕ спортсменĕ тата Совет Союзĕн сакăр спортсменĕ ăмăртнă.

Ăмăрту иртterекен ҫулсем кукăр-макăр пулнă. Ҫав ҫулсемпе ҫӳресе малтан тухса кайнă вырăнах ҫаврăнса ҫитмелле пулнă. Ăмăртăва хутшăннисен ҫав ҫулсем тăрăх 13-шер хут ҫаврăнмалла пулнă.

Малтанах спортсменсем питĕ хăвăрт кайма пуҫланă. Малтанхи хут вĕсем 22 минут та 11 секунд хушшинче ҫаврăнса ҫитнĕ. Совет велосипедисчĕсем Евгений Клевцов, Родислав Чижиков, Анатолий Колесов малта пынă. Вĕсем, пĕрин хыҫҫăн тепри ирте-ирте кайса, мала тухса пынă. Вĕсем хыҫҫăн Венгри спортсменĕсем Мартом Бенце тата Андраш Фаркаш пынă.

Тăваттăмĕш хут ҫаврăнса ҫитнĕ тĕле малта пыракан ушкăнпа ытти велосипедистсем хушши километр ытла пулнă.

11 хут ҫаврăннă чухне Родислав Чижиков—малта, ун хыҫĕнчен—300 метрта—Евгений Клевцов пынă. Вĕсенчен пĕр километр каярахра Венгри спортсменĕсем Андраш Фаркаш, Мартом Бенце тата Золтан Терей пынă.

Финиша чи малтан Евгений Клевцов ҫитнĕ. Вăл асăннă дистанцие 5 сехет те 25 минут та 22 секунд хушшинче тухнă, вăтам шутпа сехетре 35,4 километр кайнă. Унтан ҫур секунд каярахпа Родислав Чижиков финиша ҫитнĕ. Клевцов ҫитнĕ хыҫҫăн 6 минут та 23,7 секунд иртсен, Венгри спортсменĕ Андраш Фаркаш финиш линийĕ урлă каҫнă.

Совет Союзĕпе Венгри велосипедисчĕсен тепĕр ăмăртăвĕ июлĕн 23-мĕшĕнче Минска каякан шоссе ҫинче, Мускав патĕнче пулать. Унта велосипедистсен командисем 100 километра маларах чупса тухассишĕн ăмăртаҫҫĕ. (ТАСС).

## Швеци футболисчĕсем Мускава килнĕ

СССР Сывлăх министерствин физкультурăпа спорт ĕҫĕн главнăй управленийĕ чĕннипе июлĕн 21-мĕшĕнче Мускава Швецин «Юргорден» ятлă футбол команди килнĕ. Ку команда Совет Союзĕнчи футбол командисемпе юлташла тĕл пулса вылять.

Июлĕн 22-мĕшĕнче Мускавра, «Динамо» обществин центральнăй стадионĕнче икĕ ҫĕршыв футболисчĕсем пĕр-пĕринпе юлташла тĕл пулнă. «Юргорден» (Швеци) командипе «Динамо» (Мускав) команди вылянă.

«Юргорден» команди — Швецири чи вăйлă командăсенчен пĕри. Ку команда ытти ҫĕршывсенчи футболистсемпе выляса пысăк опыт пухнă. Командăри футболистсем Англире, Францире, Бельгире ăнăҫлă вылянă. Нумай пулмасть Швецире футбол енĕпе мала тухассишĕн пынă ăмăрту вĕҫленнĕ, ҫав ăмăртура «Юргорден» команди виҫҫĕмĕш вырăн йышăннă.

Швеци футболисчĕсемпе «Динамо» обществин Мускаври команди хушшинче пулнă вăйăра динамовецсем 4:2 шутпа ҫĕнтернĕ. (ТАСС).

*Театр*

## Чăваш республикин драма театрĕн гастролĕсем

Республикăри вырăс драма театрĕн гастролĕсем Молотов облаҫĕнче ăнăҫлă иртеҫҫĕ. Театр Кизел хулинчи шахтерсем патĕнче пĕр уйăх хушши пулса 100 спектакль ытла лартнă, вĕсене 35 пин ҫын ытла курнă.

Уйрăмах Ян Райнисăн «Вей, ветерок», А. Симуковăн «Девицы-красавицы», Г. Мдивани тата А. Киров ҫырнă «Молодой человек» спектакльсем ăнăҫлă иртнĕ.

Театр ҫавăн пекех Коспаш, Александровск, Гремячинск, Губаха тата ытти хуласенче те спектакльсем лартса панă.

## Мари АССР-ĕн театрĕ Шупашкарта

Июлĕн 21-мĕшĕнче Шупашкара Мари АССР-ĕнчи Шкетан ячĕпе тăракан вырăсла драма театрĕ гастроле килчĕ. Тăванла республика театрĕ хулара 10 кун хушши пулать, ҫав вăхăтра А. Горькин «Зыковы», А. Волковăн «Ксения», А. Симуковăн «Девицы-красавицы», Н. Лесковăн «Очарованный странник» повеҫĕ тăрăх И. Шток ҫырнă «Грушенька» тата ытти спектакльсем лартса парать.

Июлĕн 22-мĕшĕнче театр А. Волков ҫырнă «Ксения» спектакльпе хăйĕн гастрольне пуҫларĕ. Спектакльре пирĕн Тăван ҫĕршыври колхозсен ҫитĕнĕвне кăтартса панă. Рольсене Мари АССР-ĕн халăх артисчĕ Л. Скрябин, Мари АССР-ĕн тава тивĕҫлĕ артисчĕ А. Шарский, ҫавăн пекех А. Тарахтунов, П. Дарьялов, В. Привалихина тата ытти артистсем вылярĕҫ. Ксения рольне Р. Горожанова артистка вылярĕ.

Спектакле лартаканĕ М. Толчинский, художникĕ М. Дубнов.

Спектакль ăнăҫлă иртрĕ. Курма пынисем тăванла республика артисчĕсене ăшшăн саламларĕҫ.

### ЮРĂПА ТАШĂ АНСАМБЛĔН ГАСТРОЛĔСЕМ

Июлĕн 23-мĕшĕнче республикăри юрăпа ташă ансамблĕ гастроле тухса кайрĕ. Ансамбль Красноармейски, Шăхасан, Канаш, Комсомольски, Первомайски, Чкаловски, Шăмăршă, Елчĕк, Тăвай, Вăрмар, Ҫĕрпӳ районĕсенче тата Тутар республикинчи Ҫĕпрел, Буденовски, Пăва районĕсенче пулать.

Г. АЛЕКСЕЕВ.

### ПАЯН «СОВЕТСКАЯ ЧУВАШИЯ» ХАҪАТРА

Вашингтонри канашлу мĕне пĕлтерет («Правда» хаҫатăн июлĕн 23-мĕшĕнчи умстатьи).

СССР Верховнăй Совет Президиумĕнче.

Тăван ҫĕршыв тăрăх.

Пĕр тăхтаса тăмасăр комбайнсемпе тата тырпул пухса кĕртмелли ытти машинăсемпе тырă вырма тытăнмалла!

Е. Боголюбов. — Н. Г. Чернышевский.

Чăваш АССР халăх хуҫалăхне 1953 ҫулта аталантармалли государство планне пĕрремĕш ҫурҫуллăхра мĕнле тултарни ҫинчен (Чăваш АССР Статистика Управленийĕ пĕлтерни).

Урăх ҫĕршывсенчен килнĕ хыпарсем.

## ПĔЛТЕРНИ

Июлĕн 24-мĕшĕнче, 20 сехетре, Крупская ячĕпе тăракан садра хулари агитаторсен пухăвĕ пулать.

КПСС ШУПАШКАР ХУЛА КОМИТЕЧĔ.

Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.

### ТЕАТР

ЧĂВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРĔНЧЕ — Мари АССР-ĕнчи Шкетан ячĕпе тăракан вырăсла драма театрĕн гастролĕсем. Июлĕн 24-мĕшĕнче «В тихом омуте черти водятся».

Спектакль 20 сехет те 30 минутра пуҫланать.

### КИНО

«РОДИНА»—июлĕн 24-мĕшĕнче «Праздник св. Иоргена» (кинокомеди). Сеанссем 16 сехетре, 18 сехет те 15 минутра, 20 тата 22 сехетре пуҫланаҫҫĕ.

Чăваш республикинчи нефть продукчĕсем илсе тăракансене ҫакăн ҫинчен пĕлтеретпĕр: СССР Нефть промышленноҫĕн министерстви кăтартса панă тăрăх, Главнефтесбытăн Чăваш республикинчи управленине пĕтереҫҫĕ.

Чăваш республикин халăх хуҫалăхне нефть продукчĕсем парса тăрассипе ҫыхăннă мĕнпур ĕҫсене августăн 1-мĕшĕнчен пуҫласа Главнефтесбытăн Хусанти Таварпа транспорт управленийĕ туса пыма тытăнать.

Главнефтесбытăн Чăваш республикинчи управленийĕ.



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—13-37, парти пурнăҫ пайĕ—3-04, ялхуҫалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, ҫырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 09451 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Тираж 20.000 экз.